ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 18 шăматкун № 139 (9048)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**



## Социализмла экономика хăватлăн аталанать

Паян СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕн чухлĕ тултарни çинчен СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Статистика Управленийĕ пĕлтерни пичетленсе тухать. Çак пĕлтерӳ пирĕн хăватлă Тăван çĕршыв коммунизм строительствин çулĕпе шанчăклăн малалла утнине уççăн кăтартса парать. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, унăн кĕрешӳри ялавĕ тавра пĕтĕçсе тăрса, совет халăхĕ пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана тултарассишĕн тата иртτерсе тултарассишĕн пĕтĕм вăй-хăвата парса кĕрешет, социализмла экономикăпа культурăна аталантарас тĕлĕшпе çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем тăвать.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра халăх хуçалăхĕпе культура хăватлăн аталанни, çавăн пекех 1951 çулхи тата 1952 çулхи плансене тултарнин итогĕсем те çакна кăтартса параççĕ: пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра СССР халăх хуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă директивăсенче лартнă задачăсем ăнăçлăн пурнăçланса пыраççĕ.

Социализмла промышленность пирĕн çĕршыв вăй-хăвачĕн никĕсĕ тата совет халăхĕн материальнăй пурнăçне лайăхлатмалли никĕс пулса тăрать. Кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра вăл тата та çулĕрех пусăма хăпарчĕ. Продукци туса кăлармалли çур çулхи плана пĕтĕм промышленность 100 процент тултарчĕ. ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕ кăçалхи ултă уйăх хушшинче, иртнĕ çулти çав тапхăрпа танлаштарсан, 10 процент ытларах продукци туса кăларчĕ.

Производство хатĕрĕсем туса кăларакан промышленность ăнăçлăн аталанса пырать. Йывăр индустри работникĕсем çĕр кăмрăкĕ тата нефть кăлармалли, электроэнерги памалли, тĕрлĕ машинăсемпе станоксем тумалли, минераллă удобренисем тата ытти йышши питĕ кирлĕ продукци туса кăлармалли çур çулхи плана иртτерсе тултарчĕç. Металл шăратса кăларасси ӳсрĕ. Совет машиностроенийĕ хăватлăн аталанать, вăл халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те ку чухнехи чи çĕнĕ техника çителĕклĕ парса тăрать. Кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра, иртнĕ çулти çав тапхăрпа танлаштарсан, чугун çулсем тăрăх çӳрекен пăравуссем 68 процент, турбогенераторсем—62 процент, гидрогенераторсем 86 процент ытларах туса кăларнă т. ыт. те.

Йывăр индустри пĕрмай малалла вăйланса пынипе тата ялхуçалăх продукцийĕ туса кăларасси ӳснĕ май халăха куллен кирлĕ япаласем туса кăларакан промышленноçа аталантарма шанчăклă никĕс туса хунă. Совет çыннисен пурнăçне малалла та пĕрмай лайăхлатса пырас тесе, партипе правительство халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларакан производствăна пур майсемпе те пысăклатса пыма тăрăшаççĕ. Пирĕн çăмăл тата апатçимĕç промышленноçĕ питĕ пысăк ӳсĕмсем турĕ. Парти тавар хакĕсене пĕрмай йӳнетес политикăна пурнăçласа пырать. Çак никĕс çинче çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ хулари тата ялти ĕççыннисен куллен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тивĕçтерме пултарать. Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтернинче çакна палăртнă: çĕр мамăк, йĕтĕн, çăм тата пурçăн пир-авăр, сăран тата резина атăпушмак, аш-какай, ӳсентăран çăвĕ, премĕк-конфет, мороженнăй, консервсем, чей, виноградпа çырла эрехĕ, супăнь, папирос, ĕççыннисем валли кирлĕ ытти таварсем туса кăларас тĕлĕшпе пĕрремĕш çурçуллăхри плана иртτерсе тултарнă.

Промышленность работникĕсем оборудованипе лайăхрах усă курас тата продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес тĕлĕшпе пысăк çитĕнӳсем турĕç. Промышленноçри рабочисен ĕç тухăçлăхĕ кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра, иртнĕ çулти çав тапхăрпа танлаштарсан, 5 процент ӳснĕ.

Социализмла ялхуçалăхĕ малалла çĕнĕ утăм турĕ. Колхозсем, машина-трактор станцисем тата совхозсем çуракине ăнăçлă иртτерчĕç, çурхи культурăсем акмалли плана тултарчĕç. Иртнĕ çултипе танлаштарсан, 1953 çулта тырпул пухса кĕртмелли лаптăк ӳснĕ. Машина-трактор станцисем, совхозсем тата колхозсем кăçал, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, çĕнĕ техникăпа ытларах хĕçпăшалланчĕç. Колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕхсен шучĕ ӳсрĕ. Куппа пĕрлех пĕлтерӳре çакна палăртнă: обществăлла выльăх-чĕрлĕх тата кайăк-кĕшĕк ĕрчетес ĕçĕн хăвăртлăхĕ планпа панă заданисенчен юлса пырать. Ялхуçалăхĕ çавăн пекех йĕтĕн тата çĕрулми акмалли задание пурнăçламан.

Промышленноçпа ялхуçалăх производствин калăпăшĕ ӳснĕ май чугун çул, шыв çул тăрăх тата автомобильсемпе грузсем турттарасси те ӳснĕ. Железнодорожниксем талăкра пушатса тиемелли плана тултарнă, вагон çаврăнăшĕн вăтам вăхăтне чакарнă. Анчах уйрăм чугун çулсем грузсем пушатса тиеме планпа çирĕплетнĕ заданисене пурнăçламан. Тинĕс тата юханшыв транспорчĕ хăшпĕр грузсене турттармалли плана тултарса çитереймен.

Пирĕн çĕршывра капитальнăй строительство вăйлăн саралнă. Государство тăвакан капитальнăй строительствăн калăпăшĕ кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра, иртнĕ çулти пĕрремĕш çурçуллăхпа танлаштарсан, 104 процент пулнă. Çак иртнĕ ултă уйăх хушшинче пурăнмалли çуртсем, шкулсем, сывлăх учрежденийĕсем, ача-пăча сачĕсем, яслисем, пионер лагерĕсем, кинотеатрсем тата культурăпа йăла учрежденийĕсем нумай тунă. Çапла, 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулти пĕрремĕш çурçуллăхпа танлаштарсан, капитальнăй ĕçсен калăпăшĕ çакăн пек ӳснĕ: пурăнмалли çуртсем тăвас енĕпе 107 процент, шкулсем тăвас енĕпе 117 процент, больницăсемпе поликлиникăсем тăвас енĕпе 116 процент, ача-пăча сачĕсем тата яслисем тăвас енĕпе 130 процент.

Совет çыннин ырлăхĕшĕн, совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн тăрăшасси Коммунистсен партийĕшĕн закон пулса тăрать. Совет çыннисен куллен ӳссе пыракан ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерессишĕн партипе правительство ывăнма пĕлмесĕр тăрăшни тавар çаврăнăшĕ аталаннине, халăх хуçалăхĕнче рабочисемпе служащисен хисепĕ нумайланнине, культура строительствипе сывлăха сыхлас ĕç вăйланнине кăтартакан фактсемпе цифрăсенче уççăн палăрса тăрать.

Пурне те çакă паллă, промышленность тата ялхуçалăх производстви енĕпе çĕнĕ çитĕнӳсем тунă май, ĕç тухăçлăхĕ ӳснĕ тата продукцин хăйне ларакан хакĕ йӳнелнĕ май, правительство 1953 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа çĕнĕрен—карточка системине пăрахăçа кăларнă хыççăн улттăмĕш хут—куллен кирлĕ таварсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене йӳнетрĕ. Правительство кăçал малтанлăха планпа палăртнинчен ытларах 20 миллиард тенкĕлĕх ытла куллен кирлĕ таварсем туса кăларма тата çав таварсене ĕççыннисене сутма задани панă.

Хаксене йӳнетнĕ май, куллен кирлĕ таварсем туса кăларасси ӳснĕ май тата сутмалли таварсен фондне ӳстерес тĕлĕшпе правительство йышăннă ытти мероприятисене пурнăçланă май, кăçалхи иккĕмĕш кварталта, иртнĕ çулхи иккĕмĕш кварталтипе танлаштарсан, апат-çимĕç тата промышленность таварĕсем халăха 23 процент ытларах сутнă. Пĕтĕмпе илсен, кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхринчен государствăпа коопераци суту-илĕвĕ енĕпе халăха таварсем 15 процент ытларах сутнă. Уйрăмах аш-какай тата ашран тунă апат-çимĕç, выльăх-чĕрлĕх çăвĕ, сыр, çăмарта, сахăр, пурçăн пир-авăр, тумтир, трикотаж изделисем, сăран атăпушмаксем, сехетсем, çĕвĕ машинисем, сĕтел-пукансем, телевизорсем, çăмăл автомобильсем, мотоциклсем тата ытти таварсем ытларах сутăннă.

Кăçал, ытти çулсенчи пекех, çĕршывра ĕççĕррисем пулман. СССР халăх хуçалăхĕнче рабочисемпе служащисен хисепĕ 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх вĕçленнĕ тĕле, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарса пăхсан, 1.150 пин çынна çити ӳснĕ.

Пирĕн çĕршывра халăха вĕрентес ĕç малалла аталанса пынине çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсенчен, вăл шутра рабочи тата ялти çамрăксен шкулĕсенчен кăçал вĕренсе тухнисен хисепĕ иртнĕ çулхинчен 18 процент ытларах пулни те уççăн кăтартса парать. Çав вăхăтрах вăтам шкултан вĕренсе тухнисен тата аттестат зрелости илнисен хисепĕ 37 процент ӳснĕ. Халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕç вăйланса тата лайăхланса пырать. ССР Союзĕнче медицина пулăшăвне укçасăрах парса тăраççĕ.

Хуçалăхпа культура строительствинчи пирĕн çитĕнӳсем çултан-çул, уйăхран уйăха нумайланса пыраççĕ. Анчах совет çыннисем тунă çитĕнӳсемпе çырлахса лармаççĕ тата çырлахса ларма та пултараймаççĕ. Коммунизм строительствин интересĕсем шалти пуян резервсемпе туллин усă курассишĕн çине тăрса кĕрешме хушаççĕ. Çав резервсем пирĕн халăх хуçалăхĕнче питĕ нумай. Çакна та манма юрамасть: пирĕн çитменлĕхсем сахал мар-ха. Юлса пыракан участоксем, предприятисем пур тата производствăн уйрăм отраслĕсем те юлса пыраççĕ.

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисем пиллĕкмĕш пилĕкçуллăха тултарас тата иртτерсе тултарас тесе социализмла ăмăртăва вăйлатнăçемĕн вăйлатса пыраççĕ. Парти, совет, хуçалăх, профсоюз тата комсомол организацийĕсен хамăрăн резервсемпе тата ытти мĕнпур майсемпе туллин усă курма, пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана ăнăçлă тултарма тата иртτерсе тултарма, партин XIX-мĕш съезчĕ кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлама халăхăн мĕнпур вăй-хăватне тата творчествăлла хастарлăхне организацилесе мобилизацилемелле.

(«ПРАВДА» хаçатăн июлĕн 17-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕн чухлĕ тултарни çинчен

### *СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

1953 çулта пĕрремĕш çурçуллăхра промышленность, ялхуçалăхĕ тата транспорт аталанса пынине, капитальнăй строительство ӳснине, тавар çаврăнăшĕ вăйланнине, рабочисемпе служащисен хисепĕ нумайланнине тата культура строительстви мĕнле пынине çак цифрăсем кăтартса параççĕ:

## I.

## Промышленноçра производство планне тултарни

Пĕтĕм промышленность пĕрремĕш çурçуллăхра продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 100 процент тултарнă. Уйрăм министерствăсем промышленность продукцийĕ туса кăлармалли плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх планне тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Металлурги промышленность министерстви | 99 |
| Çĕр кăмрăк промышленность министерстви | 100,1 |
| Нефть промышленность министерстви | 100,5 |
| Хими промышленность министерстви | 102 |
| Электростанцисемпе электропромышленность министерстви | 101 |
| Машиностроени министерстви | 100,2 |
| Транспортпа йывăр машиностроени министерстви | 99 |
| СССР строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви | 97 |
| СССР Вăрман тата хут промышленность министерстви | 93 |
| СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви | 101 |
| СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин промышленность предприятийĕсем | 100,6 |
| Çул-йĕр министерствин промышленность предприятийĕсем | 100,4 |
| СССР Культура министерствин промышленность предприятийĕсем | 103 |
| СССР Сывлăх министерствин промышленность предприятийĕсем | 95 |
| Союзлă республикăсенчи вырăнти промышленность тата топливо промышленность министерствисем | 100,7 |
| Промысла кооперацийĕ | 99,3 |

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра çĕр кăмрăкĕ, сланец, нефть, çĕр айĕнчи газ, бензин, краççын, электроэнерги, гидрогенераторсем, газогенераторнăй двигательсем, металл касмалли станоксем, вăл шутра пысăк, йывăр тата сайра тĕл пулакан станоксем, автомобильсем, троллейбуссем, трамвай вагонĕсем, йĕтĕн комбайнĕсем, сложнăй молотилкăсем, ровничнăй машинăсем, тракторнăй скреперсемпе бульдозерсем, подшипниксем, синтетически фенол, минераллă удобренисем, ялхуçалăх культурисене сиенлекен хурт-кăпшанкăсемпе кĕрешмелли ядохимикатсем, сăрăсем тата химикатсем, синтетически каучук, автопокрышкăсем, привод чĕнĕсем, транспортер лентисем, хут, спирт тата ытти промышленность продукцийĕ туса кăлармалли плана иртτерсе тултарнă.

Çĕр мамăкĕпе йĕтĕн пир-авăрĕ, çăмпа пурçăн пир-авăрĕ, сăран тата резина атă-пушмак, аш-какай, ӳсентăран çăвĕ, кондитерски изделисем, мороженăй, консервсем, чей, виноград тата улма-çырла эрехĕ, супăнь, пируссем тата халăх валли ытти таварсем туса кăлармалли пĕрремĕш çурçуллăхри плана иртτерсе тултарнă.

Анчах та планпа çирĕплетнĕ уйрăм йышши продукци туса кăлармалли заданисене промышленноçăн пур отраслĕсем те пĕтĕмĕшпех тултарман. Сăмахран, Металлурги промышленность министерстви хăшпĕр йышши хура металсен прокачĕ енĕпе задание тултарман, Çĕр кăмрăк промышленность министерстви хăшпĕр йышши коксланакан çĕр кăмрăкĕ енĕпе задание пурнăçламан, Нефть промышленность министерстви—хăшпĕр йышши нефть продукчĕсем туса кăлармалли плана, Электростанцисемпе электропромышленность министерстви—хăшпĕр йышши электрооборудовани туса кăлармалли плана, Машиностроени министерстви—уйрăм йышши тимĕрçĕпе пресс оборудованийĕ тата хими оборудованийĕ, çавăн пекех хăшпĕр ялхуçалăх машинисем туса кăлармалли плана, Транспортпа йывăр машиностроени министерстви — хăшпĕр йышши хурансем, турбинăсем тата прокат оборудованийĕ туса кăлармалли плана, СССР Строительство материалĕсем тăвакан промышленность министерстви — кирпĕч, çурт çине витмелли хăшпĕр материалсемпе канализаци трубисем туса кăлармалли плана, СССР Вăрман тата хут промышленность министерстви ĕçе юрăхлă йывăçа турттарса кăлармалли тата хăмасемпе шпалсем туса кăлармалли плана тултарман.

## II.

## Промышленность продукцийĕ ӳсни

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра промышленность чи паха йышши продукци туса кăларасси, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, çакăн пек ӳснĕ:

| | 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ туса кăларнă (процентпа) |
|---|---|
| Чугун | 112 |
| Хурçă | 109 |
| Прокат | 109 |
| Чугун çул рельсĕсем | 115 |
| Хурçă трубасем | 114 |
| Пăхăр | 103 |
| Цинк | 114 |
| Хура тăхлан | 119 |
| Çĕр кăмрăкĕ | 106 |
| Нефть | 111 |
| Бензин | 109 |
| Краççын | 124 |
| Дизель топливи | 113 |
| Çĕр айĕнчи газ | 106 |
| Электроэнерги | 114 |
| Магистральнăй пăравуссем | 163 |
| Магистральнăй электровозсем | 117 |
| Троллейбуссем | 152 |
| Автомобильсем | 113 |
| Мотоциклсем | 121 |
| Шарикла тата роликла подшипниксем | 112 |
| Нефть аппаратури | 127 |
| Металлурги оборудованийĕ | 111 |
| Экскаваторсем | 106 |
| Пăс турбинисем | 130 |
| Пысăк гидротурбинăсем | 111 |
| Турбогенераторсем | 162 |
| Гидрогенераторсем | 186 |
| Пысăк электричество машинисем | 133 |
| Электромоторсем | 112 |
| Электролампăсем | 106 |
| Металл касмалли станоксем | 115 |
| Хими оборудованийĕ | 125 |
| Çип арламалли машинăсем | 102 |
| Пир тĕртмелли машинăсем | 120 |
| Шут шутламалли машинăсем | 108 |
| Тракторсем | 107 |
| Сахăр кăшманĕ кăлармалли комбайнсем | 122 |
| Каустически сода | 113 |
| Кальцинированнăй сода | 120 |
| Минераллă удобренисем | 107 |
| Ялхуçалăх культурисене сиенлекен хурт-кăпшанкăсемпе кĕрешмелли ядохимикатсем | 130 |
| Синтетически сăрăсем | 107 |
| Синтетически каучук | 113 |
| Автопокрышкăсем | 102 |
| Хут | 111 |
| Цемент | 115 |
| Чӳрече кантăкĕ | 117 |
| Шифер | 122 |
| Çурт çине витмелли çемçе япаласем | 113 |
| Кирпĕч | 117 |
| Стандартлă çуртсем | 116 |
| Велосипедсем | 108 |
| Патефонсем | 125 |
| Çĕвĕ машинисем | 126 |
| Сехетсем | 116 |
| Фотоаппаратсем | 107 |
| Пианинăсемпе рояльсем | 124 |
| Çĕр мамăк пир-авăрĕ | 106 |
| Çăм пир-авăр | 109 |
| Пурçăн пир-авăр | 152 |
| Аш-какай тата колбасасем | 105 |
| Пулă | 98 |
| Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 101 |
| Сĕт продукчĕсем | 100 |
| Çăралатнă сĕт | 119 |
| Ӳсентăран çăвĕ | 122 |
| Сыр | 112 |
| Кондитерски изделисем | 109 |
| Консервсем | 114 |
| Чей | 108 |
| Супăнь | 113 |
| Спирт | 119 |
| Виноград эрехĕ | 128 |
| Сăра | 106 |
| Пируссем | 116 |

ССР Союзĕн пĕтĕм промышленноçĕ 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра продукци туса кăларни, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 10 процент ӳснĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, промышленноçра оборудованипе усă курасси лайăхланнă. Металлурги промышленность министерствин заводĕсенче домна тата мартен кăмакисемпе усă курасси лайăхланнă. Нефть промышленность министерствин предприятийĕсенче нефть кăлармалли шăтăксем тата разведка тумалли шăтăксем пăраласси хăвăртлăхĕ ӳснĕ; чĕртавартан нефтĕн çутă продукчĕсем тухассин проценчĕ ӳснĕ. Электростанцисемпе электропромышленность министерствин районнăй электростанцийĕсенче электричество энергийĕ туса хатĕрлеме каякан топливăн удельнăй расхочĕ чакнă. Синтетически аммиак, кальцинированнăй тата каустически содăсем тунă çĕрте предприятисен хăвачĕсемпе усă курасси лайăхланнă. Цемент промышленноçĕнче предприятисен хăвачĕсемпе усă курасси лайăхланнă. Çĕр мамăк пир-авăрĕ, çăм пир-авăр тата пурçăн пир-авăр промышленноçĕнче оборудованисемпе усă курасси лайăхланнă.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра промышленность продукцийĕн хăйне ларакан хакĕ 4 процента яхăн чакнă.

## III.

## Ялхуçалăхĕ

Колхозсем, машина-трактор станцийĕсем тата совхозсем çуракине ăнăçлă иртτернĕ тата çурхи культурăсене акмалли плана тултарнă.

1953 çулта тырпул акса хăварнă çĕр лаптăкĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, ӳснĕ. Паха йышши тĕштырă культури—тулă акнă лаптăкĕ чылай ӳснĕ. Сахăр кăшманĕпе çу тумалли культурăсем нумайрах акса хăварнă. Нумай çул ӳсекен курăксен çулса илмелли лаптăкĕ ӳснĕ тата пĕр çул ӳсекен курăксем, выльăх апачĕ тума акакан тымарçимĕçсемпе силос культурисем акнă лаптăк пысăкланнă. Йĕтĕн акма тата çĕрулми лартма планпа панă заданисене тултарса çитереймен.

Кăçал машина-трактор станцийĕсем, совхозсемпе колхозсем 1952 çулхинчен ытларах техникăпа пуянланса тырпул пухса кĕртме тытăнчĕç. Тĕштырă пухакан комбайнсен шучĕ 1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне, 1952 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулнипе танлаштарсан, 10 процент ӳснĕ, çав шутра самоходнăй комбайнсен шучĕ—33 процент, трактортан кăкарса утă çулмалли косилкăсен тата самоходнăй сенокосилкăсен шучĕ 42 процент ӳснĕ. Кунсăр пуçне ялхуçалăхĕ лашапа ĕçлемелли сенокосилкăсем, жаткăсем тата ытти тырă вырмалли машинăсем нумай илнĕ. Çав вăхăт хушшинчех ялхуçалăхĕнче груз турттаракан автомобильсен шучĕ 6 процент ӳснĕ.

Колхозсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕ 1953 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне, 1952 çулхи июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне мĕн чухлĕ пулнипе танлаштарсан, çакăн чухлĕ ӳснĕ: ĕнесем—4 процент, сыснасем—7 процент, сурăхсем — 11 процент, лашасем—4 процент. Колхозсенче кайăк-кĕшĕк йышĕ 12 процент ӳснĕ. Анчах та обществăлла выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк йышĕ ӳсессин хăвăртлăхĕ планра палăртнă заданисенчен кая юлатьха. Çав вăхăт хушшинчех совхозсенче выльăх йышĕ çакăн чухлĕ ӳснĕ: ĕнесем—8 процент, сыснасем—6 процент, сурăхсем—12 процент, лашасем—7 процент. Совхозсенче кайăк-кĕшĕк йышĕ 15 процент ӳснĕ.

## IV.

## Чугун çулсемпе шыв çулĕ тăрăх грузсем турттарасси ӳсни

Чугун çул транспорчĕнче талăкра вăтам шутпа грузсем тиемелли пĕтĕмĕшле плана 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра 100,8 процент тултарнă, анчах уйрăм чугун çулсем грузсем тиес тĕлĕшпе вĕсене панă плана тултарайман.

Чугун çулсем çинче талăкра вăтам шутпа мĕнпур йышши грузсене тиесси 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 6 процент ӳснĕ, çав шутра çĕр кăмрăкĕ 4 процент, кокс—12 процент, нефтьпе нефть продукчĕсем—10 процент, руда—12 процент, хура металсем — 8 процент, минераллă строительство материалĕсем—11 процент, тĕштырă—8 процент, çăнăх—14 процент, сахăр—17 процент ытларах тиенĕ.

Грузсем тиенĕ вагон каялла çаврăнса çитмелли вăхăт вăтам шутпа 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 3 процент чакнă.

Тинĕс тата юханшыв транспорчĕ грузсен çаврăнăшĕн планне, 1953 çулхи малтанхи çурçуллăхра пĕтĕмĕшпе 102 процент тултарнă, анчах уйрăм грузсем турттармалли плана тултарса çитереймен.

Тинĕс транспорчĕ тăрăх грузсем турттарасси 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 14 процент ӳснĕ, юханшыв транспорчĕ тăрăх грузсем турттарасси 22 процент ӳснĕ.

Автомобиль транспорчĕпе грузсем турттарасси 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 15 процент ытла ӳснĕ.

## V.

## Капитальнăй строительство ĕçĕсем ӳсни

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, государствăн капитальнăй строительство ĕçĕсен пысăкăшĕ 104 процент пулнă, вăл шутра металлурги промышленноçĕнче 108 процент, топливо промышленноçĕнче 102 процент, электростанцисем тăвас енĕпе тата электропромышленноçра 105 процент, машиностроени промышленноçĕнче 108 процент, строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра 108 процент, вăрманпа хут промышленноçĕнче 109 процент, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнче 108 процент, чугун çул транспорчĕнче 113 процент пулнă. Анчах министерствăсем 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхри строительство планне тултарайман.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра пурăнмалли çуртсем, шкулсем, халăх сывлăхне сыхлакан учрежденисем, ача сачĕсемпе яслисем, пионер лагерĕсем, кинотеатрсем тата ытти йышши культурăпа йăла учрежденийĕсем туса лартас ĕçе анлăн пурнăçласа пынă. 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, пурăнмалли çуртсем тума 107 процент, шкулсем тума 117 процент, больницăсемпе поликлиникăсем тума 116 процент, ача сачĕсемпе яслисем тума 130 процент укçа хывнă.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра Строительство министерстви, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, строительствăпа монтаж ĕçĕсене 10 процент ытларах пурнăçланă. Анчах вăл 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхри плана пĕтĕмĕшпех тултарайман.

(Юлашки 2-мĕш страницăра).

# СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕн чухлĕ тултарни çинчен

*СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

(Юлашки. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

## VI.

## Тавар çаврăнăшĕ вăйланса пыни

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра совет суту-илĕвĕ малалла вăйланса пынă. Промышленноçра ялхуçалăх производствине аталантарас тĕлĕшпе çĕнĕ çитĕнӳсем тунă май, ĕç тухăçлăхĕ ӳснĕ май тата продукци хăйне ларакан хакĕ йӳнелнĕ май Правительство 1953 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа апат-çимĕçпе промышленность таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене çĕнĕрен, карточкăсене пĕтерсĕренпе улттăмĕш хут йӳнетрĕ. Таварсен хакĕсене çĕнĕрен йӳнетни совет укçи-тенкине малалла тĕреклетме, унăн пĕлтерĕшне ӳстерме, халăха тавар сутассине ытларах ӳстерме май туса пачĕ.

Правительство 1953 çулта куллен кирлĕ таварсем, малтан палăртнипе танлаштарсан, 20 миллиард тенкĕлĕх ытла нумайрах туса кăларма тата халăха сутма хушса задани йышăнчĕ.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, государствăпа кооперации суту-илӳ енĕпе халăха таварсем 15 процент нумайрах сутнă. 1953 çулхи иккĕмĕш кварталта таварсен хакĕсене йӳнетнĕ, халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине ӳстернĕ тата Правительство халăха сутмалли таварсен фондне пысăклатмалли ытти мероприятисене пурнăçланă май халăха, 1952 çулхи иккĕмĕш кварталтипе танлаштарсан, 23 процент тавар нумайрах сутнă.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, уйрăм апат-çимĕç продукчĕсем çакăн чухлĕ ытларах сутнă: аш тата ашран тунă продуктсем — 30 процент, пулă тата пулăран тунă продуктсем—2 процент, выльăх çăвĕ—26 процент, ӳсентăран çăвĕ тата ытти йышши çу—14 процент, сыр—23 процент, çăмарта—18 процент, сахăр—25 процент, кондитерски изделисем—18 процент, чей—18 процент.

Промышленность таварĕсенчен пуринчен ытла çак таварсене ытларах сутнă: çĕр мамăк пир-авăрĕ—14 процент, пурçăн пир-авăр — 34 процент, тумтирсем—29 процент, трикотаж изделийĕсем—24 процент, чăлхапа носкисем—27 процент, сăран атă-пушмак—24 процент, сехет—28 процент, çĕвĕ машинисем—32 процент, сĕтел-пукан—34 процент, тусан тасатакан машинăсем—32 процент, патефонсем—22 процент, телевизорсем—виçĕ хут ытларах сутнă. 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, халăха çăмăл автомобильсем 72 процент, мотоциклсем—33 процент, велосипедсем—13 процент нумайрах сутнă.

Апла пулин те хăшпĕр районсенче уйрăм таварсем сутас енĕпе халăх ыйтнине пĕтĕмпех тивĕçтерейменççĕ-ха.

Государствăпа кооперации магазинĕсенче ялхуçалăх продукчĕсем сутасси ӳснипе пĕрлех, 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра колхоз пасарĕсенче халăха çак продуктсене, уйрăмах тулă çăнăхĕ, кĕрпе, çăмарта, çĕрулми, пахча çимĕç, чăхчĕп, пыл сутасси ӳснĕ. 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра колхоз пасарĕсенче продуктсен хакĕ йӳнелнĕ.

## VII.

## Рабочисемпе служащисен хисепĕ тата ĕç тухăçлăхĕ ӳсни

ССР Союзĕнчи халăх хуçалăхĕнче рабочисемпе служащисен хисепĕ 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх вĕçленнĕ тĕле, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх вĕçленнĕ чухнехипе танлаштарсан, 1.150 пин çын ӳснĕ. Промышленноçра, ялхуçалăхĕнче, строительствăра тата транспортра рабочисемпе служащисен хисепĕ 1.030 пин çын ӳснĕ, шкулсенче, наукăпа тĕпчев тата халăх сывлăхне сыхлакан учрежденисенче—120 пин çын чухлĕ ӳснĕ.

1953 çулта, иртнĕ çулсенчи пекех, ĕçршывра ĕçсĕрлĕх пулман.

Пĕрремĕш çурçуллăхра ФЗО шкулĕсемпе сăрт-ту шкулĕсенчен 100 пин ытла çамрăк рабочисем вĕренсе тухнă. Вĕсене промышленноçра, строительствăра тата транспорт çинче ĕçлеме янă.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра промышленноçри рабочисен ĕç тухăçлăхĕ, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 5 процент ӳснĕ.

## VIII.

## Культура строительстви тата сывлăха сыхлас ĕç

Сичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнисем, çав шутра çамрăк рабочисене ялти çамрăксен шкулĕсене те кĕртсен, кăçал пĕлтĕрхинчен 18 процент нумайрах вĕренсе тухнă, çав шутра вăтам шкултан вĕренсе тухнисем тата аттестат зрелости илнисен хисепĕ 37 процент ӳснĕ.

Аслă шкулсемпе техникумсем, заочно вĕреннисене те шутласан, кăçал 500 пин ытла çамрăк специалист вĕрентсе кăларĕç.

1953 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнче кăларнă кĕнекесен тиражĕ, 1952 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнче кăларнипе танлаштарсан, 20 процент ӳснĕ. Пуçламăш, сичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсем валли кăларнă учебниксен тиражĕ вара 58 процент нумайрах пулнă.

1953 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнче халăха медицина пулăшăвĕ парас ĕç те малалла лайăхланса тата аталанса пынă. Пурте пĕлеççĕ ĕнтĕ, ССР Союзĕнче медицина пулăшăвне укçа тӳлемесĕрех параççĕ. Больницăсен, ача çуратмалли çуртсен, санаторисемпе кану çуртĕсен шучĕ ӳснĕ. Вĕсем чиртен сыватмалли тата диагностикăлла аппаратурăпа ытларах пуянланнă. Эмелсем, медицина оборудованийĕпе инструментсем туса кăларасси 1953 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнче, иртнĕ çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнчипе танлаштарсан, 14 процент ӳснĕ.

Кăçалхи пĕрремĕш çурçуллăхра мĕншур рабочисемпе служащисенчен ĕç укçи тӳлесе паракан черетлĕ отпускенче 20 миллион çынна яхăн пулнă.

* * *

1953 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнче халăх хуçалăхĕпе культури ӳссе пыни, 1951 çулхи плана тата 1952 çулхи плана тултарнин итогĕсем пекех, партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсенче лартнă задачăсем ăнăçлă пурнăçланса пынине кăтартса парать.

*СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ.*

# ССР Союзĕпе Франци пĕр-пĕрин хушшинче суту-илӳ килĕшĕвĕ тата тӳлевсем пирки килĕшӳ туни çинчен Совет Союзĕпе Франци пĕлтерни

Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем хушшинчи суту-илĕве аталантарас тĕлĕшпе кăçалхи апрель уйăхĕнче Пĕрлешнĕ Нацисен организацийĕ çумĕнче Европа валли тунă Экономикăлла комисси пухнă конференци ĕçленине пула, 1953 çулхи июнĕн 6-мĕшĕнче Парижра Совет Союзĕпе Франци хушшинче суту-илӳ çинчен калаçусем иртterме пуçланă. Çав калаçусем 1953 çулхи июлĕн 15-мĕшĕнче суту-илӳ килĕшĕвĕ тата тӳлевсем пирки килĕшӳ тунипе вĕçленнĕ.

Çак килĕшӳсене тунă чухне ССР Союзĕпе Франци хушшинчи суту-илӳ йĕрки пирки 1951 çулхи сентябрĕн 3-мĕшĕнче тунă килĕшĕве никĕсе хунă. Тавар çаврăнăшĕ çинчен килĕшĕве виçĕ çуллăха тунă. Кашни енĕ килĕшӳ вăя кĕнĕ малтанхи çул 12 миллиард франклăха яхăн тавар тăратмалла.

СССР Францие кукуруза, антрацит, çĕр кăмрăк пекĕ, хром руди, асбест, нефть, мамăк тирсем тата ытти таварсем сутмалла.

Ун вырăнне Франци Совет Союзне, сăмахран, искусственнăй пурçăн çиппипсемпе пир-авăр, çăм пир-авăр, какао пăрçи, цитрус çимĕçĕсем, хура тăхлан, эфир çăвĕ сутать; кунсăр пуçне, Франци Совет Союзĕ валли пилĕкшер пин тонна груз тиеме юрăхлă суднăсем, транспортра грузсене тиемелли оборудовани, пăс хуранĕсем тăвать; çак оборудование килĕшӳ вăя кĕнĕ кунтан пуçласа иккĕмĕшпе виççĕмĕш çулĕсенче илсе килмелле.

Килĕшĕве пурнăçласа пынине асăрхаса тăма ятарласа комисси тума палăртнă.

Комисси кашни ултă уйăхра черетлĕн Мускавра е Парижра пухăнмалла. Килĕшӳ вăйра тăнă вăхăтра кашни çулталăк вĕçленнĕ хыççăн малашнехи вуникĕ уйăх хушшинче тăратмалли таварсен списокĕсене тумалла.

Тӳлевсем пирки тунă килĕшӳре пĕр-пĕрне сутнă таварсемшĕн Францин франкĕпе шутласа тӳлеме палăртнă.

Совет Союзĕ енчен килĕшӳ çине СССР Шалти тата тулашри суту-илӳ министерствин правовой управленийĕн начальникĕ Бахтов, Франци енчен—Францин ют çĕршыв ĕçĕсен министерствин экономикăпа финанс департаменчĕн начальникĕ Шарпантье алă пуснă.

Килĕшӳсем çине алă пуснă çĕрте ССР Союзĕн Францири Повереннăйĕ Корюкин тата ССР Союзĕн Францири суту-илӳ представителĕ Осипов пулнă.

# Парти комитечĕсен активпа пĕрле пулнă пленумĕсенче

## Çĕрпӳ

КПСС райкомĕн пленумĕнче Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитет Пленумĕн ĕçĕсем çинчен парти райкомĕн секретарĕ Д. Кирпичев юлташ доклад туса пачĕ, вăл пленум участникĕсене КПСС Центральнăй Комитечĕн пленумĕ йышăннă постановленине паллаштарчĕ.

МТС-ри коммунистсемпе мĕнпур работниксен шухăш-кăмăлне палăртса, МТС-ри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Семенов юлташ пленумра çапла каларĕ:

— Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ коммунизм патне малалла шанчăклăн пырать. Анчах çакна халăх тăшманĕ, авантюрист Берия чарса лартасшăн пулнă. Ирсĕр тăшманăн ĕмĕчĕ пурнăçа кĕмерĕ. Пирĕн задача—малашне те хамăрăн сыхăлăха вăйлатмалла, кирек епле тăшмана та палласа илме пĕлмелле. Пирĕн ĕçре çитменлĕхсем те сахал мар-ха, механизаторсем хушшинче ĕç çине сиелтен пăхакансем, ĕç дисциплинине пăсакансем пур.

«Новая жизнь» колхоз председателĕ Павлов юлташ авантюрист Берийăн ирсĕр ĕçĕсене пĕтерсе лартас тĕлĕшпе КПСС Центральнăй Комитечĕн Президиумĕ йышăннă мерăсене колхозниксем чĕререн ырлани çинчен пĕлтерчĕ.

— Халăх хуçалăхне, уйрăмах колхоз стройне аталантарма чăрмантарса пынă халăх тăшманне пирĕн Центральнăй Комитет вăхăтра çаврлăхларĕ. Эпир, колхозниксем, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решение чĕререн ырлатпăр. Пирĕн колхозниксем малашне ялхуçалăхне аталантарассишĕн мĕнпур вăя хурса ĕçлеме, революцилле сисĕмлĕхе вăйлатма пулаççĕ,—терĕ Павлов юлташ.

Вăл Рынкă шывĕ çинче гидроэлектростанци тунă çĕрте ĕçлекен колхозниксем строительство ĕçне 2 уйăх хушшинче вĕçлеме пулни çинчен пĕлтерчĕ.

Райком пленумĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решение пĕр шухăшлă пулса ырларĕ, ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыма тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

## Вăрмар

КПСС Вăрмар райкомĕн парти активĕпе пĕрле иртternĕ пленумĕнче 200 çын ытла пулчĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ Берия партипе государствăна хирĕçле тунă ĕçсем пирки йышăннă постановлени çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ Алексеев юлташ доклад туса пачĕ.

Доклад хыççăн пренире 14 çын тухса каларĕ.

— Халăх тăшманĕ Берия сутăнчăклă ĕçсем туни çинчен пĕлсен эпир, колхозниксем, хытă тарăхрăмăр,—тет «Дружба» колхозри парторганизаци секретарĕ С. Галкин юлташ.—Çĕлен калтана пĕтерме пирĕн парти руководстви татăклă мерăсем йышăннине эпир ырлатпăр. Партипе совет халăхĕн тăшманне, империализм агентне Берияна каçару пулмĕ.

Пленумра тухса калакансем—А. Яковлева, А. Орлов, Г. Тимошенко, В. Щербань тата ытти юлташсем те районти хуçалăх строительствин чылай участокĕсенче тата ĕççыннисене коммунизмла воспитани парас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине кăтартса пачĕç, çак çитменлĕхсене мĕнле майпа пĕтерсе пымалли çинчен каларĕç.

Пленум, пĕр шухăш-кăмăллă пулса, КПСС Центральнăй Комитет Пленумĕн постановленине пĕтĕмпех ырларĕ, ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыма пулчĕ.

## Сĕнтĕрвăрри

Июлĕн 15-мĕшĕнче КПСС райкомĕн парти активĕпе пĕрле пухăннă пленумĕ пулса иртрĕ. Пленум КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕсем çинчен КПСС райкомĕн секретарĕ Романов юлташ докладне итлесе сӳтсе яврĕ.

Докладчик тата прение тухса калакансем КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановлени парти тата пĕтĕм совет халăхĕн пурнăçĕнче пысăк вырăн йышăнса тăни, çав постановление районти предприятисенче, колхозсенче, промысла артелĕсенче, пĕтĕм совет çĕршывĕнчи пекех, хĕрӳллĕн ырлани çинчен каласа пачĕç.

Тухса калакансем пурте халĕ тăрă шыв çине кăларнă авантюриста, парти тата ĕççыннисен тăшманне Берияна чĕререн тарăхса питлерĕç.

— Эпир парти тата совет халăхĕн тăшманĕн Берийăн преступникла ĕçĕсене,—терĕ судоверфьри завком председателĕ Лебедев юлташ,—чĕререн тарăхса сивлетпĕр. Берийăн Совет государствине хирĕç тунă ирсĕр ĕçĕсене пирĕн партин, правительствăн, халăхăн хăватлăхĕпе иксĕлми пĕрлĕхĕ аркатса тăкрĕ. Пире Коммунистсен партийĕ кăтартса панă тĕрĕс çул çинчен никам та пăрса ярас çук. Эпир хамăрăн тăван парти ертсе пынипе тĕрĕс çулпа—коммунизм çĕнтерĕвĕ патне пыратпăр. Пирĕн коллектив КПСС Центральнăй Комитетне тата хамăрăн тăван правительствăна çапла шантарса калать: пĕтĕм вăй-хăвата хамăр çĕршывра коммунизм тунă çĕре паратпăр. Эпир партин XIX-мĕш съезчĕ лартнă задачăсене пурнăçа кĕртессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлетпĕр.

Промкомбинатри рабочи Соловьев юлташ хăйĕн сăмахĕнче рабочисем КПСС Центральнăй Комитет пленумĕ йышăннă постановление тулли кăмăлпа ырлани çинчен каласа пачĕ.

— Коммунистсен партийĕ тата Совет правительстви ертсе пынипе,—терĕ вăл,—эпир хамăр валли ирĕклĕ те телейлĕ пурнăç турăмăр. Çакă вара империалистсене кăмăла каймасть. Империализмăн тарçи Берия партие, государствăна хирĕçле ĕç туса, пирĕн çĕршыва капитализма каялла таврăс тĕллев лартнă. Кувăк пире чĕререн тарăхтарать. Эпир КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви ирсĕр тăшманăн Берийăн ĕçĕсене пĕтерес тĕлĕшпе йышăннă татăклă мерăсене хĕрӳллĕн ырлатпăр. Эпир партие çапла шантарса калатпăр: революцилле сыхăлăха ӳстеретпĕр, хамăрăн пĕтĕм вăя 1953 çулхи производство планне срокчен тултарассишĕн кĕрешнĕ çĕре паратпăр.

Пленумра вăрман техникумĕнчи преподаватель, Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ Елистратова юлташ хĕрӳллĕ сăмах тухса каларĕ.

— Эпир мĕн тери тарăхни çинчен каласа пама сăмах та тупма йывăр,—терĕ вăл.—Империализм тарçи, путсĕр Берия кашни совет çыннишĕн чи хаклине—Коммунистсен партийĕпе Совет государствине, халăхсен туслăхне аркатма ĕмĕтленнĕ. Çав авантюриста тăрă шыв çине кăларса, пирĕн партин Центральнăй Комитечĕ хăй сыхăлăхлă пулнине кăтартса пачĕ. Пирĕн вăрман техникумĕн коллективĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă постановление пĕр шухăшлă пулса ырлать.

— Совет халăхĕн тăшманĕ Берия,—терĕ «Авангард» колхоз председателĕ Иванов юлташ,—колхоз стройне аркатма ĕмĕтленнĕ. Эпир, ял ĕçченĕсем, хамăр телее колхозра тупрăмăр пулсан, ăна пирĕнтен никам та илес çук. Эпир колхозăн обществăлла хуçалăхне яланах çирĕплетсе пыратпăр.

Пленумра районти чылай парторганизацисен тата Советсемпе хуçалăх организацийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене уçса палăртрĕç. Тухса калакансем Берия ĕçĕнчен тивĕçлĕ уроксем тума, сыхăлăха ӳстерме, парти организацийĕсем идеологилле ĕçе ертсе пырассине лайăхлатма тата промышленность предприятийĕсен, колхозсен, МТС ĕçне татăклăнах лайăхлатма кирлине палăртрĕç.

КПСС райкомĕн активпа пĕрле пулса иртнĕ пленумĕ КПСС Центральнăй Комитечĕн постановленине пĕр кăмăллă пулса ырларĕ тата ăна пĕр пăркаланмасăр пурнăçласа пыма пулчĕ.

## Ишлей

Июлĕн 16-мĕшĕнче КПСС райкомĕн пленумĕ пулса иртрĕ. Райком членĕсемпе актив КПСС райкомĕн секретарĕ В. Дмитриев юлташ КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн ĕçĕсем çинчен тунă докладда пысăк активлăхпа сӳтсе яврĕç.

— Партипе совет халăхĕн тăшманĕ Берия Коммунистсен партийĕпе правительствăна хирĕç тунă тискер те сутăнчăкла ĕçсенчен пирĕн хамăра валли тивĕçлĕ вывод тумалла, революцилле сыхăлăха ӳстермелле, партипе масса хушшинчи çыхăнăва çирĕплетмелле, çитменлĕхсене пĕтерсе пымалла. Çĕршывăн экономикипе оборона вăй-хăватне ӳстермелле, хамăр ретсене Центральнăй Комитетпа Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçтермелле,—тет докладчик.

Чи малтанах трибуна çине Çĕктер вăрман комбинатĕнчи рабочи Самойлов юлташ тухрĕ.

— Октябрьти Социализмла Аслă революци ĕмĕрхи пусмăрлăхпа чуралăха пĕтерсе хучĕ, пур халăхсене те пĕр тан право пачĕ. Совет Союзĕнчи туслă халăхсем пĕтĕм тĕнчипе паллă çитĕнӳсем турĕç, Аслă Отечественнăй вăрçăра хаяр тăшмана çапса аркатрĕç, вăрçă хыççăнхи аслă ĕçсен программине чыслăн пурнăçларĕç, халĕ коммунизм патне каймалли çулпа çирĕппĕн утса пыраççĕ. Çак вăхăтрах партипе халăхăн хаяр тăшманĕ Берия пирĕн çĕршыври халăхсен туслăхне аркатма шутланă. Пирĕн чĕресем паян çак ирсĕр тăшмана вĕçĕ-хĕррисĕр кураймасăр ылханаççĕ. Эпир, комбинатри рабочисем, хамăр парти тавра тачăрах пĕтĕçетпĕр, çĕршыв валли продукци туса парассине вăйлататпăр, çулталăкри плана срокчен тултаратпăр.

«Знамя труда» колхозри ферма заведующийĕ Т. Лазарева юлташ хумханса каларĕ.

— Партипе правительство,—терĕ вăл,—пирĕн пурнăça лайăхлатассишĕн куллен тăрăшаççĕ. Тулăх пурнăçпа пурăнакан совет халăхĕсем коммунизм строительствин мĕнпур участокĕсенче çĕнтерӳ тăваççĕ. Анчах халăх тăшманĕ Берия пирĕн хавасла пурнăçа капиталистсене сутасшăн пулнă. Çук, вăл нихçан та пулаймĕ! Эпир хамăр çĕршыва кирек мĕнле тăшмансенчен те тимлĕн сыхлатпăр, тăшмансене тĕппипех çапса аркататпăр.

Тухса калакан ытти юлташсем те тăшманăн ирсĕр ĕçĕсене питлерĕç, КПСС Центральнăй Комитечĕ йышăннă постановление ырларĕç.

# Парторганизацисем государство планне ăнăçлă тултарса пырассишĕн кĕрешеççĕ

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ социализмла промышленноçăн производительнăй вăйĕсене—хамăр Тăван çĕршыв вăй-хăвачĕн никĕсне, совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатмалли никĕсе пур майсемпе те вăйлатса пыма палăртрĕ. Съезд решенийĕсем хулари ĕççыннисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне тата ытларах вăйлатрĕ. Предприятисенче, стройкăсенче, чугун çул организацийĕсенче пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн, Тăван çĕршыв экономикине малалла пĕрмаях çирĕплетсе пырассишĕн социализмла ăмăрту анлă сарăлчĕ.

Социализмла ăмăртăва парторганизацисем пуçарса ертсе пыраççĕ. Вĕсем ĕççыннисен творчествăлла пуçарулăхне пур майсемпе те малалла аталантарма, социализмла ăмăртăва анлă сарса пыма, производствăна çĕнĕлле йĕркелеме пулăшакан тĕслĕхсем ытларах пулччăр тесе тăрăшаççĕ. Коммунистсем производствăра усă курман резервсене палăртаççĕ, çитменлĕхсене критиклеççĕ, пахаа опыта массăсем хушшинче сарма, юлса пыракансене малта пыракансемпе танлашма пулăшаççĕ. Чылай коммунистсем рационализаторла сĕнӳсем параççĕ. Наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе, çĕршыври паллă новаторсен опычĕпе усă курас тĕлĕшпе те коммунистсем пахаа тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Государство планĕ вăл—закон. Предприятисен пурин те хăйсене панă заданисене тултармалла, халăх хуçалăхне кирлĕ продукци çителĕклĕ туса кăлармалла, тесе вĕрентет парти. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ пулса иртнĕренпе чылай парторганизацисем предприятисен плана тултарманнипе, продукци пахалăхĕшĕн кĕрешменнипе, халăх хуçалăхне кирлĕ мар япаласем туса кăларнипе килĕшсе тăратчĕç. Юлашки вăхăтра парторганизацисем хăйсен ответлăхне ӳстерчĕç, администраци ĕçне лайăхрах тĕрĕслесе тăма тытăнчĕç.

Чылай предприятисем пĕр тикĕс ĕçлеççĕ, плана уйăхран уйăха ăнăçлă тултарса пыраççĕ, продукци пахалăхне лайăхлатаççĕ, чĕртаварпа топливо перекетлеççĕ. Çакă вăл унти парторганизацисем рабочисене коммунизмла воспитани пама, социализмла ăмăртăва анлăн сарма, хуçалăх руководителĕсен ответлăхне ӳстерме тăрăшнинчен килет. Партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçе лайăх йĕркеленине пула аш-какай комбиначĕ, арман комбиначĕ, Вырăнти тата промышленность министерствине пăхăнса тăракан вăрманпромхоз, «Красный восход» промартель çур çулхи плана чылай ирттерсе тултарчĕç.

Çав вăхăтрах хăшпĕр парторганизацисемпе хуçалăх руководителĕсем парти съезчĕ кăтартса панисенчен çийĕнчех тивĕçлĕ вывод тумарĕç. Хуçалăх тата парторганизаци руководителĕсем маларах тунă хăшпĕр çитĕнӳсемпе лăпланса ларнă пирки çак çулăн пуçламăшĕнче Пăравуссем юсакан завод, йывăç япаласем тăвакан комбинат, хулари промкомбинат йĕркеллĕ ĕçлеймерĕç. Çакă хулари парторганизацие хытă хумхантарчĕ. Уйрăм предприятисем юлнине пĕтерме, ĕççыннисен творчествăлла активлăхне малалла вăйлатма парторганизацисене мобилизацилес тесе КПСС хула комитечĕн пленумне тата парти активĕн пухăвне иртterӳмĕр.

Пленумра тата актив пухăвĕнче тухса калакансем юлса пыракан предприятисен ĕçĕнчи çитменлĕхсене хытă критиклерĕç, вĕсем мĕншĕн япăх ĕçленине палăртрĕç, пахаа сĕнӳсем нумай пачĕç. Пленум предприятисенче партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçе лайăхлатма, социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçе вăйлатма пулăшакан решени йышăнчĕ. Пленум парторганизацисене предприяти экономикипе тĕплĕнрех тата тăтăшах интересленме, администраци ĕçне тимлĕрех тĕрĕслесе тăма, самокритикăна, уйрăмах аялтан килекен критикăна сарма хушса хăварчĕ.

Пленум тата парти активĕн пухăвĕ йышăннă решенисене предприятисенчи коммунистсен пĕрлехи пухăвĕсенче сӳтсе яврĕç. Уйрăмах юлса пыракан предприятисенчи парторганизацисем пысăк ĕç туса иртterнине палăртас пулать.

Пăравуссем юсакан заводри парторганизаци массăлла-агитацилле ĕçе вăйлатма, социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма пĕтерме, коллективăн пуçарулăхĕпе пултаруллăхне ӳстерме пулăшакан организацилле ĕçсем нумай туса иртterчĕ. Дирекци тата цехсен руководителĕсем шалти резервсемпе, оборудованин хăвачĕпе туллинрех усă курма, технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма май паракан организацилле-техникăлла план туса çирĕплетрĕç. Парти активĕн пухăвĕ завод Тăван çĕршыв умĕнчи парăма кĕнине кĕске срокра пĕтерме тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

Цехсенче коммунистсен тата рабочисен пĕрлехи пухăвĕсене иртterчĕç. Унта кашни станочникăн, слесарĕн, мастерăн ĕçне лайăхлатма пулăшакан мелсене палăртрĕç. Партбюро хăшпĕр цехсенчи агитаторсене улăштарчĕ, производствăра уйрăмах пахаа тĕслĕхсем кăтартакан пуçарулла коммунистсене тата партире тăман активистсене массăлла ĕç тума шанса пачĕ. Дирекци, партбюро сĕннипе, ответлă тата юлса пыракан участоксене ертсе пыма коммунистсене уйăрса лартрĕ. Агитаторсем касхи сменăсенче калаçусем тăтăшах иртterме тытăнчĕç, хаçат-журналсем вуласа парас, стена хаçачĕсемпе боевой листоксем тăтăшах кăларас ĕçе йĕркелерĕç.

Завком тата цехсенчи профсоюз организацийĕсем социализмла ăмăртăва тимлĕнрех ертсе пыма, обязательствăсене кам мĕнле пурнăçланине тăтăшах тĕрĕслесе тăма, ăмăрту итогĕсемпе пурне те паллаштарма тытăнчĕç. Цехсенче, общежитисенче, клубра, хĕрлĕ кĕтессенче наглядлă агитацие вăйлатрĕç.

Чылай рабочисем, инженерсемпе техниксем, мастерсем технологи процесне çĕнетсе лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, материал перекетлеме пулăшакан рационализаторла сĕнӳсем пачĕç. Стахановецсен, производство новаторĕсен хисепĕ ӳсрĕ. Коммунистсем Куделькинпа Верещагин токар[illegible] нормине куллен 200 процент [illegible] пыраççĕ, 65 стахановец çу[illegible] ĕç нормине срокчен тултар[illegible]

Çавăн [illegible] организацилле-массăлла ĕçсем туса иртternине пула завод коллективĕ хăй умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пыма тытăнчĕ. Завод март тата апрель уйăхĕсенче планран иртterсе тăватă пăравус юсарĕ, çапла вара пилĕк уйăхри задание пурнăçларĕ. Халĕ çак завод хулари малта пыракан предприятисенчен пĕри.

Атă-пушмак фабрики производство планне çулсерен тултармастчĕ. Парти съезчĕ хыççăн фабрикăри парторганизаци хăйĕн ĕçне çĕнетсе вăйлатрĕ, производство ыйтăвĕсемпе тарăнрах интересленме тытăнчĕ. Оборудованипе туллинрех усă курассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн социализмла ăмăртăва анлă сарса, фабрика коллективĕ чылай çитĕнӳсем турĕ, продукци туса кăлармалли çур çулхи плана 104 процент тултарчĕ.

Пĕлтĕр юлса пынă хулари промкомбинат та лайăхрах ĕçлеме тытăнчĕ.

Хуçалăха ертсе пырас ĕçре тĕп вăй кадрсем пулаççĕ. Вĕсене тĕрĕс суйласа илмесĕр тата воспитани памасăр, вĕсем хушшинче партипе государство дисциплинине çирĕплетмесĕр умра тăракан хуçалăхла задачăсене ăнăçлă пурнăçласа пыма май çук. Çакна асра тытса, парторганизацисем, çавăн пекех КПСС хула комитечĕ те, малта пыракан, пуçарулла, тӳрĕ кăмăллă çынсене ертсе пырас ĕçе ытларах уйăрса лартма тăрăшаççĕ. Юрăхсăр, кая юлнă руководительсене ĕçрен кăларса, вĕсем вырăнне пултаруллă çынсене уйăрса лартни пахаа результатсем панине кăтартакан тĕслĕхсем сахал мар. Кунта пĕр-ик факт çеç илсе пăхăпăр.

Тумтир çĕлекен индпошив мастерскойĕ плана икĕ çул хушшинче кварталтан квартала тултарса пыраймарĕ. Унăн директорĕ пулнă Бочков юлташ мастерской юлса пынине тĕрлĕ сăлтавсемпе витме пăхатчĕ.— Машинăсем сахал е материал çителĕксĕр уйăрса параççĕ,— тенине часчасах илтме пулатчĕ унтан. Тĕплĕн тишкерсе пăхнă хыççăн мастерской юлса пыни ĕçе япăх йĕркеленинчен, дисциплина хавшанинчен, Бочков юлташ ответлăха туйманнинчен килни палăрчĕ. Çавăнна КПСС хула комитечĕ Бочков юлташа ĕçрен кăларма, ун вырăнне пултаруллă çынна уйăрса лартма йышăнчĕ.

Мастерской руководствине çирĕплетнĕ хыççăн ĕç лайăхланчĕ. Мастерскойăн çурчĕ те, оборудованийĕ те, рабочисем те ĕлĕкхисемех, ăна машинăсем çĕнĕрен уйăрса паман. Апла пулин те вăл çур çулхи плана 110 процент тултарчĕ.

Апат-çимĕç комбиначĕпе «Союз инвалидов» артельте те руководительсене улăштарма тиврĕ. Халĕ вĕсем те лайăхрах ĕçлеме тытăнчĕç.

Предприятисем государство планне ăнăçлă тултарса пырассишĕн пуçламăш парторганизацисем хăйсен ответлăхне ӳстерни, партилле-политикăлла тата партилле-организацилле ĕçе вăйлатни, кадрсемпе лайăхрах ĕçлеме тытăнни промышленноçа ертсе пырас ĕçре хăшпĕр çитĕнӳсем тума май пачĕç. Чылай предприятисем, вăл шутра пысăккисем, юлса пынипе хулари промышленность продукци туса кăлармалли пĕрремĕш кварталти плана 98 процент çеç тултарчĕ. Çулерех асăннă организацилле-массăлла ĕçсене пурнăçлани хулари промышленноçа хăйĕн Тăван çĕршыв умĕнчи парăмне татма çеç мар, çур çулхи плана 103,2 процент тултарма май пачĕ.

Продукци туса кăлармалли çур çулхи плана иртterсе тултарни хулари предприятисенче усă курман резервсемпе çитменлĕхсем çуккине пĕлтермест. Чылай предприятисенче продукци пахалăхĕшĕн, плана çирĕплетнĕ номенклатурăпа ассортимент тăрăх тултарассишĕн, чĕртаварпа топливо перекетлессишĕн çав-çавах тимлĕн кĕрешмеççĕ. Социализмла ăмăртăва ертсе пырас ĕçри формализма пĕтермен тĕслĕхсем те чылай. Уйрăмах хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем предприятисене хĕле хăвăртрах хатĕрлесе çитерме тăрăшманнине палăртас пулать.

Юлашки кунсенче фабрикăсемпе заводсенче, стройкăсенче, чугун çул организацийĕсенче коммунистсен пухăвĕсем, рабочисемпе служащисен, инженерсемпе техниксен пĕрлехи пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Унта ĕççыннисем КПСС Центральнăй Комитечĕн пленумĕ йышăннă решенисене чун чĕререн ырлаççĕ, коммунизм строительствинче çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем тума, çулталăкри плана срокчен тултарма, революцилле сыхăлăха ӳстерме сăмах параççĕ. Пленум решенийĕсем хулари çынсен политикăлла активлăхĕпе производствăри хастарлăхне çĕнĕ хăватпа ӳстерчĕç.

И. ЕРЕМИН,
КПСС Улатăр хула комитечĕн секретарĕ.

# Договорпа илнĕ обязательствăсене çирĕп пурнăçласа пымалла

ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкçуллăх плана тĕлĕшпе партин XIX-мĕш съезчĕ панă директивисенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне малалла ӳстерсе пымалла палăртнă. Пиллĕкçуллăх вĕçленнĕ тĕле пирĕн республикăра кашни гектартан 17—19 центнер тырă, 4,5—5,5 центнер йĕтĕн сӳсĕ, 155—175 центнер таран çĕрулми туса илмелле. Выльăх апачĕ хатĕрлес, общественăй выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе те пысăк задачăсем тăраççĕ. Ялхуçалăхне малта пыракан техникăпа хĕçпăшаллантарни, машина-тактор станцийĕсен ĕçне лайăхлатса пыни, малта пыракан агротехника çитĕнĕвĕсемпе туллинрех усă курни çав пысăк задачăсене ăнăçлăн пурнăçлама май парать.

Хальхи вăхăтра колхозсен уй-хирĕсенчи ĕçсене 80 процент таран МТС-сен машинисемпе тăваççĕ.

Машина-трактор станцийĕсем государство предприятийĕсем пулса тăраççĕ. Вĕсене пирĕн Тăван çĕршывра туса кăларнă чи лайăх техникăпа хĕçпăшаллантарнă. МТС-сем колхозсене ялхуçалăх ĕçĕсенче куллен кирлĕ пулăшу параççĕ. Машина-трактор станцийĕсем колхозсенче ялхуçалăх ĕçĕсене тăвасси, организаципе техника енĕпе пулăшу парасси договор тăрăх пулса пырать. Договорта МТС-па колхоз хушшинчи çыхăнусене, вĕсен задачисене тата пĕр-пĕрин обязательствисене палăртнă. Договорăн тĕллевĕ çакăн пек: колхоз тата МТС усă курман шалти резервсемпе, хăйсен вăйĕпе тата хатĕрĕсемпе туллинрех усă курччăр. Вĕсем мĕнпур ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне, вылăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстерессишĕн, государство умĕнчи обязательствăсене вăхăтра пурнăçлассишĕн тăрăшмалла.

МТС-па колхоз тунă договор икĕ енĕшĕн те закон пулса тăрать.

МТС-сем пулăшнипе пирĕн республикăри нумай колхозсем çĕрĕç культурине ӳстерчĕç, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитĕнӳсем турĕç. Вĕсем агрозоотехника науки тунă çитĕнӳсемпе, шалти резервсемпе туллин усă кураççĕ, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ӳстерес, выльăх апачĕ хатĕрлес, общественăлла выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе государство панă заданисене çулсерен иртттерсе тултараççĕ.

Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра Социализмла Ĕç Геройĕ И. Т. Проньскин юлташ ертсе пыракан трактор бригади ĕçлет. Трактор бригадин работникĕсем пурте асăннă колхоз членĕсем пулса тăраççĕ, темиçе çул хушши пĕр улшăнмасăр ĕçлеççĕ. Механизаторсем техникăна лайăх вĕренсе çитнĕ, вĕсем колхозри çĕр ĕçĕсене, уй-хир бригадисемпе тачă çыхăнса ĕçлесе, чи лайăх та кĕске срокра, пысăк пахалăхпа ирттереççĕ.

Механизаторсемпе уй-хир бригадисем Сталин ячĕпе тăракан колхозăн уй-хирĕсенче çулсерен лайăх ĕçлеççĕ, договорта кăтартнă обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ.

МТС-семпе колхозсем тунă договорсене пурнăçласа пырас ĕç кăçал чылай лайăхланчĕ. Йĕпреçри машина-трактор станцийĕ тракторсемпе сухри ĕçсем тумалли плана пур енĕпе те тултарчĕ. МТС договорта илнĕ обязательствăсене 18 колхозран 17 колхозра пурнăçларĕ. Йĕпреç районĕнчи нумай колхозсем те договорта кăтартнă обязательствăсене чыслă пурнăçласа пыраççĕ.

Анчах чылай районсенче МТС-семпе колхозсем тунă договорсене кирлĕ пек пурнăçласа пымаççĕ-ха. Сăмахран, Красноармейски МТС-ĕнче колхозсемпе договор тăвас ĕçе кăçал ячĕшĕн кăна туса ирттернĕ. Тырпул туса илмелли, общественăлла выльăх-чĕрлĕх йышне тата унăн тухăçлăхне ӳстермелли плансене колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче кирлĕ пек сӳтсе явман. Çавна пула нумай договорсенче агротехникăлла ĕçсене туса ирттерессине палăртман. Сăмахран, «Красное Сормово» колхозпа тунă договорта вăрлăхсене эмелсемпе чухемеллине, Димитров ячĕпе тăракан колхозпа тунă договорта тырпулсене сумкурăксенчен тасатассине кăтартман. Договорсенче ялхуçалăх ĕçĕсене кĕске срокра ирттерессине палăртса хуман.

Красноармейски район Совет исполкомĕ договорсене ячĕшĕн кăна регистрациленĕ, МТС-па колхозсем тунă договорсенче шалти резервсемпе усă курас, тырпул тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе туса ирттермелли ĕçсене палăртман. Райсовет исполкомĕ договорта çакăн пек çитменлĕхсем пуррине кăтартса паман, çав çитменлĕхсене пĕтермен. Çавна пула ĕнтĕ кунти МТС 1953 çулхи çуркуннехи ĕçсем енĕпе договорта илнĕ обязательствăсене 36 колхозран пĕр колхозра кăна тултарнă. Колхозсем те договорта илнĕ обязательствăсене çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ. Районти нумай колхозсенче çуртрисене пысăк çĕр лаптăкĕ çинче алăпа акнă, нумай çул ӳсекен курăксене апат памалли плана район пурĕ те 27 процент, кĕрхи тырăсене сӳрелемелли плана 34 процент кăна тултарнă. Йӳсек тăпрасене извеçлес, удобрени валли торф кăларас ĕçе пĕр колхозра та пуçăнман.

Красноармейски районĕнчи ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ машина-трактор станцийĕпе колхозсем тунă договорсене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслемест. МТС директорĕн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ те ку ĕçпе интересленмест. Договорта кăтартнă тăрăх, колхоз членĕсен пĕрлехи пухăвĕнче çулталăкра икĕ хутран кая мар МТС директорĕпе колхоз председателĕсен отчечĕсене итлемелле. Анчах Красноармейски районĕнче çак ĕçсене туса ирттерме шутламаççĕ.

Договорта кăтартнă обязательствăсене çавăн пекех Сĕнтĕрвăрри, Октябрьски, Çĕрпӳ, Хĕрлĕ Чутай, Калинино, Сĕнтĕр, Елчĕк МТС-сем те çителĕксĕр пурнăçласа пыраççĕ.

Республикăри чылай колхозсем тунă договорсене пăсаççĕ. Октябрьски районĕнчи «Восток» колхозра пĕр улшăнмасăр виçĕ трактор тата пĕр комбайн ĕçлеççĕ. Колхоз халиччен те колхозниксенчен пĕр трактотрист та, пĕр комбайнер та хатĕрлемен. Трактортан кăкарса ямалли машинăсем çинче ĕçлеме пĕр прицепщик та уйăрман. Ку колхозри уй-хир бригадисем трактор бригадине питĕ çителĕксĕр пулăшаççĕ.

Пăрачкав районĕнчи «Большевик» тата Сталин ячĕпе тăракан колхозсенче те прицепщиксем пулман пирки тракторсем нумай вăхăт хушши ĕçлемесĕр тăни пулнă. «6-й съезд Советов» колхозра çурхи тулла начар пахалăхлă вăрлăхпа акса хăварнă. Суворов ячĕпе, Сталин ячĕпе, Калинин ячĕпе тăракан тата ытти хăш-пĕр колхозсенче хире тислĕк пĕр лав та турттармаççĕ.

Договорта илнĕ обязательствăсене пăсни уйрăмах Кувакино, Шăмăршă, Çĕмĕрле, Сĕнтĕрвăрри, Улатăр районĕсенчи колхозсенче нумай пулнă. Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕсем тата ку районсенчи МТС директорĕсем колхоз руководителĕсене договорти обязательствăсене çирĕп пурнăçлаттарса пырас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнмаççĕ.

МТС-семпе колхозсем тунă договорсене çирĕп пурнăçласа пыни кирлĕ. Ку ыйтупа кашни колхозрах колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсенче МТС директорĕпе колхоз председателĕсен отчечĕсене итлесе сӳтсе явмалла. Ку вăл МТС-семпе колхозсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртма тата вĕсене пĕтерме пулăшĕ.

**М. ЯНДИМИРКИН,**
**Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин агрономĕ.**

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ВЫЛЬĂХ АПАЧĔ ХАТĔРЛЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 15-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Çаран утă çулни | Акнă курăксем çулни | Силос хывни |
|---|---|---|---|
| Улатăр | 68 | 49 | 10 |
| Элĕк | 94 | 61 | 7 |
| Вăрнар | 89 | 66 | 16 |
| Йĕпреç | 100 | 45 | 16 |
| Ишлей | 88 | 33 | 15 |
| Калинино | 74 | 50 | 23 |
| Канаш | 93 | 36 | 8 |
| Куславкка | 84 | 23 | 11 |
| Комсомольски | 68 | 61 | 18 |
| Красноармейски | 95 | 61 | 15 |
| Хĕрлĕ Чутай | 97 | 48 | 2 |
| Кувакино | 147 | 60 | 12 |
| Сĕнтĕрвăрри | 65 | 56 | 6 |
| Муркаш | 98 | 40 | 28 |
| Октябрьски | 77 | 41 | 13 |
| Первомайски | 66 | 62 | 5 |
| Пăрачкав | 91 | 47 | 19 |
| Советски | 110 | 57 | 9 |
| Сĕнтĕр | 99 | 51 | 15 |
| Вăрмар | 83 | 31 | 15 |
| Çĕрпӳ | 68 | 51 | 14 |
| Шупашкар | 85 | 47 | 8 |
| Чкаловски | 71 | 52 | 14 |
| Чурачăк | 96 | 60 | 6 |
| Шăмăршă | 85 | 26 | 2 |
| Шăхасан | 83 | 68 | 20 |
| Çĕмĕрле | 95 | 39 | 23 |
| Етĕрне | 97 | 72 | 13 |
| Елчĕк | 100 | 31 | 14 |
| Тăвай | 70 | 20 | 7 |

## Выльăх апачĕ хатĕрлессине вăйлатмалла

ИШЛЕЙ. Районти колхозсенче утă çулса пухас тата силос хывас ĕçсем чăтма çук вăраххăн пулса пыраççĕ. Районти 36 колхозран 22 артель силос хывма тытăнман, 10 колхоз утă çулмалли плана 11—12 процент кăна тултарнă.

Мĕнрен килет-ха районта выльăх апачĕ хатĕрлес ĕç çакăн пек япăх пулса пыни?

— Пирĕн утă çулмалли нумай мар, силоса кĕркунне те хывса хăварăпăр-ха, — тесе каланине чылай колхоз председателĕсенчен илтме пулать.

Çакнашкал юрăхсăр шухăшсем пулнă пиркиех иртнĕ çул чылай колхозсем вăхăтра утă çулса пустараймарĕç, хĕл вăхăтĕнче вара выльăх апачĕ çитменнипе аптрарĕç. Пĕлтĕрхи çитменлĕхсенчен тивĕçлĕ вывод туман. Молотов ячĕпе тăракан колхозăн (председателĕ С. Никитин юлташ) 380 тонна силос хывмалла, анчах ку ĕçе паянхи куна та тытăнман. Колхоз утă çулса пухассине те вăраха ячĕ.

Районта уйрăмах силос хывас ĕç юлса пырать. Силос хывмалли плана июлĕн 15-мĕшĕ тĕлне 15 процент çеç тултарнă. Анчах çакă районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн работникĕсене нимĕн чухлĕ те хумхантармасть. Вĕсем силос хывас ĕç колхозсенче мĕнле пынине сводкăсем тăрăх кăна пĕлеççĕ, вырăна кайса тивĕçлĕ пулăшу памаççĕ.

**Ф. МАЛЫШКИН.**

### ХÇАН ХАÇАТ-ЖУРНАЛ ВĂХĂТРА ИЛСЕ ВУЛАМА ПУЛАТЬ?

ЧУРАЧĂК. Калинин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем 11 кун хушши хаçат-журнал, çавăн пекех тата тĕрлĕ çырусемпе телеграммăсем илеймесĕр пурăнаççĕ.

Колхозра письмоносец пулса ĕçлекен Е. Дмитриева юлташ халиччен те хаçатсене 3—4 кун хушши пустарса, колхозниксене салатса пычĕ. Çавна пула çĕнĕ хыпарсене йĕркеллĕ пĕлме май килмест. Июлĕн 11-мĕшĕ тĕлне вулакансем июнĕн 30-мĕшĕнче тухнă хаçатсене те алла илеймен. Колхозниксем хаçатсем вăхăтра килменнишĕн питĕ пăшăрханаççĕ.

**П. ВЛАДИМИРОВ,**
**А. АНДРЕЕВ.**

# Профсоюз членĕсен йышне ӳстерессишĕн

Пирĕн фабрикăсемпе заводсенче ĕçлекенсен йышĕ куллен нумайланса пырать. Çакă вăл социализмла хуçалăх чечекленсе, вĕçĕмсĕр ӳссе пынине кăтартса парать. Пирĕн предприятисенчи рабочисен йышĕ малашне тата нумайланса пымалла. Халăх хуçалăхĕнчи рабочисемпе служащисен йышĕ 1955 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, 15 процента яхăн ӳсмелле.

Пирĕн кашни рабочие, служащие коммунизм строительствине, социализмла ăмăртăва тата общественăлла пурнăçа анлăн хутшăнтарса пымалла. Çак задачăна профсоюз организацийĕсен пурнăçласа пымалла.

Ĕççынниссне государство умĕнчи задачăсене пурнăçлама мобилизацилес ĕçре лайăхрах майсем пулччăр тесен, профсоюз организацийĕсен хăйсен йышне ытларах ӳстерме тăрăшмалла. Пирĕн профсоюзсем тĕрлĕ профессиллĕ ĕççыннисене пĕрлештерсе тăраççĕ. Кун пирки профсоюз Уставĕнче лайăх кăтартса панă.

Республикăри профсоюз организацийĕсен йышĕ ӳснĕ çемĕн ӳсет. Акă, медицина работникĕсен профсоюзĕ мĕнпур ĕçлекенсен 99 процентне пĕрлештерсе тăрать. Çакă вăл, пуринчен малтан, профсоюз обкомĕ хăйĕн умĕнче тăракан задачăна шута илсе ĕçленинчен килнĕ.

Юлашки вăхăтра профсоюз членĕсен йышне ӳстерес тĕлĕшпе çыхăну работникĕсен, вăтам тата пуçламăш шкулта ĕçлекенсен, коммунальнăй хуçалăхра ĕçлекенсен профсоюзĕсем те хăшпĕр ӳсĕмсем турĕç. Халĕ ĕнтĕ республикăри профсоюз организацийĕсем рабочисемпе служащисен 93 процентне пĕрлештерсе тăраççĕ.

Анчах та çак цифрăсем, пĕтĕмĕшпе илсе пăхсан, пирĕн ĕçре чылай çитменлĕхсем пурри çинчен те калаççĕ. Нумай профсоюз организацийĕсем ĕççыннисем хушшинче организацилле-массăлла ĕçсене çителĕксĕр туса пыраççĕ. Чылай профорганизацисем хăйсен членĕсен йышне ӳстерессишĕн тăрăшмаççĕ.

Вăрмар тата хут промышленноçĕнче ĕçлекенсен профсоюз организацийĕсем, сăмахран, мĕнпур работниксен 11 процентне ытла союза хутшăнтарман. Куславкăри çуртсем тăвакан завод коллективĕнче 251 çын, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕнче 280 çын профсоюз членĕнче тăмаççĕ. Шупашкарти пир-авăр комбиначĕн строительствинче мĕнпур ĕçлекенсенчен 40 процентĕ ытла профсоюзра тăмасть.

Мĕншĕн-ха комбинат тунă çĕрте ĕçлекенсенчен нумай юлташсем профсоюз ретĕнче тăмаççĕ? Мĕншĕн тесен постройком (председателĕ Краснов юлташ) профсоюз организацийĕн йышне ӳстерессишĕн нимĕн чухлĕ те тăрăшмасть. Строительствăра халĕ кăна колхозсенчен килнĕ рабочисем нумай. Анчах та постройком вĕсем хушшинче воспитани ĕçне йĕркелемен.

Профсоюз организацийĕсен йышне ӳстересси хăй тĕллĕн пулса пыракан ĕç мар. Ĕççыннисене пирĕн çĕршыври профсоюзсен пĕлтерĕшĕ çинчен тĕплĕн каласа ăнлантармалла. Кашни профсоюз организацийĕнчех профсоюз членĕсем хăйсен прависемпе анлăн усă курни çинчен калакан тĕслĕхсем нумай. Союзра тăман ĕççыннисене профсоюз членĕнче тăнин усси çинчен ăнлантарнă чухне вырăнти тĕслĕхсемпе çыхăнтарса калани кирлĕ. Профсоюз членĕсем соцстрах енĕпе союзра тăман çынсенчен ытларах пособи илеççĕ. Канмалли тата сывалмалли çуртсене кайма путевкăсем пуринчен малтан профсоюз членĕсене параççĕ. Профсоюз членĕсем ытти нумай енĕпе те пысăк пулăшу илеççĕ.

Фабрикăсемпе заводсенчи тата вырăнти комитетсен ĕççыннисене профсоюза илес ĕçе пĕлсе, Устав хушнă пек йĕркелемелле. Профсоюз членне кĕме ыйтса панă заявленисене вăхăтра пăхса тухмалла. Профсоюз членне илес ĕçе ĕççыннисене политикăлла воспитани парас задачăна пăхăнтарса туса пымалла.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

# В. В. Маяковский произведенийĕсем чăвашла

Кăçалхи июлĕн 19-мĕшĕнче пирĕн Тăван çĕршыври халăхсем тата вĕсемпе пĕрле пĕтĕм тĕнчери прогрессивлă этемлĕх вырăссен аслă поэчĕ, революци трибунĕ, хĕрӳллĕ патриочĕ, чаплă гражданинĕ Владимир Владимирович Маяковский çуралнăранпа 60 çул çитнине палăртаççĕ.

Маяковский çырнă сăвăсемпе поэмăсене Совет çĕршывĕнчи пур халăхсен чĕлхи çине те куçарнă. Маяковские халăх демократи çĕршывĕсенче юратса куçараççĕ, юратса вулаççĕ. Унăн сăввисемпе поэмисем тĕнчипех сарăлнă.

Маяковский произведенийĕсене чăвашла куçарас ĕç 1931 çулта—поэт вилни пĕр çулталăк çитсен—вăйлă аталанма тытăнать. Çав çулта Мускаври Центриздатра поэтăн «Владимир Ильич Ленин» ятлă чи чаплă поэми тата «Лайăх» поэмăн «Пĕтĕм саспа» ятлă юлашки сыпăкĕ уйрăммăр кĕнекен чăвашла пичетленсе тухнă. Вĕсене чăваш поэчĕ Петĕр Хусанкай куçарнă. Маяковскин уйрăм сăввисем республикăра тухса тăракан журналсенче час-часах пичетленеççĕ.

1940 çултан пуçласа Чăвашсен государство издательстви поэт произведенийĕсене уйрăм кĕнеке туса кăларнă. Çав çулта Иван Ивник Маяковскин ачасем валли çырнă «Кам пулас» ятлă сăввисене чăвашла куçарса пĕчĕк кĕнеке туса кăларнă.

1941 çулта Чăвашгизра поэтăн суйласа илнĕ сăввисен чылай пысăк кĕнеки пичетленсе тухнă. Кĕнекене поэтăн чи лайăх публицистикăлла лирикине кĕртнĕ, унта пĕтĕмпе 17 сăвă. Вĕсем хушшинче: «Совет паспорчĕ çинчен», «Нетте юлташа—пăрахута—этеме», «Тĕп пултăр», «Вунă çул юрри», «Килелле», «Хусан», «Сергей Есенина», «Юбилей сăвви», «Парижанка», «Ултă манашка», «Лайăх тени мĕн тени, япăх тени мĕн тени», «Май», «Лайăх» (поэма сыпăкĕ) тата ытти те. Кĕнекери сăвăсене, пĕтĕмĕшпе илсен, Аркадий Эсхельпе Стихван Шавлы поэтсем куçарнă.

1948 çулта «Кам пулас» ятлă сăвăсене Чăвашгиз иккĕмĕш хут пичетлесе кăларнă. Ку сăвăсене малтанхи хут кăларнинчен чылай аван куçарнă.

«Владимир Ильич Ленин» поэма П. Хусанкай малтан куçарнине иккĕмĕш хут пăхса тухса, тĕрĕсмартарах куçарнă вырăнсене тӳрлетнĕ. Халĕ çав поэмăна лайăх куçарнă теме пулать. Поэма 1952 çулта Чăвашгизра пичетленсе тухнă.

Чăвашсен Кĕнеке палатти пĕлтернĕ тăрăх, Маяковский сăввисемпе поэмисем чăвашла 26 пин тиражпа пичетленнĕ.

Чăваш поэчĕсем Маяковскине куçарас тĕлĕшпе тимлĕн ĕçлеççĕ. Халĕ вĕсем аслă поэтăн уйрăм произведенийĕсене куçараççĕ. Чăваш Совет писателĕсен союзĕ çывăх çулсенче Маяковскин суйласа илнĕ сăввисемпе поэмисен томне пичетлесе кăларма палăртнă.

Совет самани вăхăтĕнчи аслă поэтăн Владимир Владимирович Маяковскин поэзийĕ совет çыннисен чун-чĕрине çулсерен ытларах хумхантарма тытăнать, унăн вăй-хăвачĕ ӳссех, сарăлсах пырать. Поэт пултарулăхне пĕтĕм халăх, уйрăмах çамрăк-кĕрĕм питĕ хытă юратать. Революци трибунĕн поэзийĕ тĕнчери ĕççыннисем хушшинче те анлă сарăлчĕ. Пирĕншĕн Маяковскин сăввисемпе поэмисем коммунизм тунă çĕрте çивĕч те хăватлă хĕçпăшал пулса тăраççĕ, халăхпа çĕршыв тăшманĕсене питлеме, путарса пыма пулăшаççĕ.

### СУЛ-ЙĔР СТРОИТЕЛЬСТВИ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 15-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем, çул участокĕсем | Материалсем турттарни | Чул сарни | Кĕпер тунă | Çĕр чавса купалани |
|---|---|---|---|---|
| 1. Сĕнтĕрвăрри | 145 | 156 | 126 | 115 |
| 2. Шупашкар | 150 | 142 | 108 | 111 |
| 3. Шăхасан | 112 | 176 | 109 | 183 |
| 4. Тăвай | 143 | 100 | 124 | 123 |
| 5. Чкаловски | 101 | 132 | 69 | 102 |
| 6. Муркаш | 119 | 101 | 60 | 108 |
| 7. Ишлей | 105 | 81 | 115 | 103 |
| 8. Елчĕк | 105 | 80 | 81 | 201 |
| 9. Улатăр | 101 | 71 | 74 | 142 |
| 10. Советски | 101 | 93 | 20 | 72 |
| 11. Комсомольски | 84 | 100 | 85 | 100 |
| 12. Элĕк | 99 | 104 | 49 | 100 |
| 13. Чурачăк | 97 | 75 | 20 | 119 |
| 14. Пăрачкав | 97 | 40 | 87 | 100 |
| 15. Куславкка | 92 | 82 | 71 | 79 |
| 16. Вăрмар | 83 | 79 | 106 | 79 |
| 17. Октябрьски | 83 | 90 | 52 | 31 |
| 18. Калинино | 83 | 63 | 9 | 103 |
| 19. Канаш | 73 | 32 | 115 | 69 |
| 20. Етĕрне | 72 | 62 | 71 | 67 |
| 21. Шăмăршă | 80 | 18 | 61 | 86 |
| 22. Çĕрпӳ | 67 | 68 | 98 | 154 |
| 23. Сĕнтĕр | 69 | 55 | 63 | 58 |
| 24. Çĕмĕрле | 67 | 44 | 60 | 31 |
| 25. Хĕрлĕ Чутай | 43 | 60 | 60 | 51 |
| 26. Первомайски | 100 | — | 42 | 75 |
| 27. Вăрнар | 55 | 12 | 71 | 123 |
| 28. Кувакино | 40 | 50 | 32 | 42 |
| 29. Красноармейски | 90 | 33 | 2 | 46 |
| 30. Йĕпреç | 45 | 20 | 67 | 45 |
| 243 çул участокĕ | 88 | 72 | 75 | 103 |
| 241 çул участокĕ | 80 | 46 | 73 | 56 |
| 242 çул участокĕ | 76 | 88 | 48 | — |
| 50-мĕш МДС | 58 | 52 | 3 | 28 |
| 240 çул участокĕ | 52 | 16 | 77 | 110 |

## Хĕрлĕ ялав пачĕç

КӲКЕÇ, июлĕн 16-мĕшĕ. (Телефонпа). Ĕнер, июлĕн 15-мĕшĕнче, ял Совечĕсемпе колхозсен председателĕсен, çул-йĕр бригадирĕсен тата ĕçре уйрăмах палăрнă колхозниксен канашлăвĕ пулса иртрĕ. Унта çул-йĕр строительстви планне срокчен тата ирттерсе тултарнăшăн района Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне пачĕç.

17 çынна Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх управленийĕпе çул-йĕр работникĕсен профсоюз обкомĕн Хисеплĕ грамотине пачĕç. Хисеплĕ грамота илме тивĕçлĕ пулнисем хушшинче Кадыков ячĕпе тăракан колхоз председателĕ Н. Ермолаев юлташ, çул-йĕр бригадирĕ И. Малинов юлташ, Я. Ивановпа Е. Николаева колхозниксем тата ыттисем те пур.

Плана ирттерсе тултарнă пулин те, районта çул-йĕр строительстви малалла пырать.

## Пуçарулă бригадир

СĔНТĔРВĂРРИ. «Молния» колхоз членĕсем çул-йĕр строительствине яланах активлă хутшăнаççĕ. Кăçал вĕсем уйрăмах паха тĕслĕх кăтартрĕç: 350 метр тăршшĕ чул сарса çĕнĕ çул турĕç, 1.200 кубометр çĕр чавса купаларĕç.

Колхоз членĕсем тухăçлă ĕçлени вĕсене А. Гойко бригадир тĕрĕс ертсе пынинчен нумай килет. Вăл çичĕ çул ытла ĕнтĕ пĕр улшăнмасăр бригадир пулса ĕçлет, техникăна лайăх пĕлет. Вăл чылай çамрăксене чул сарма вĕрентнĕ.

Гойко юлташ ертсе пыракан бригада çул-йĕр ĕçĕсен çулталăкри планне июнĕн 28-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ, пур ĕçе те лайăх турĕ.

**П. ГЕРАСИМОВ.**

### САР УРЛА КĔПЕР ХЫВНА

ПĂРАЧКАВ. Молотов ячĕпе тăракан колхоз членĕсем Сăр урлă 210 метр тăршшĕ кĕпер хыврĕç. Çак ĕçре Глухов юлташ ертсе пыракан бригада уйрăмах паха тĕслĕх кăтартрĕ. Çак колхоз чул турттармалли плана та ăнăçлă тултарчĕ.

Кăçал районта çĕнĕрен тăхăр кĕпер тунă, 26 километр тăршшĕ çула юсанă.

**В. ТОНЫШЕВ.**

# Пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем патĕнче

Çак кунсенче Сталин ячĕпе тăракан колхозăн çаранĕсем çинче тата уй-хирĕсенче хĕрӳллĕ ĕç пĕр самантлăха та чарăнмасть. Ватти-вĕтти, арçынĕ-хĕрарăмĕ пурте утă çулса типĕтеççĕ тата пухаççĕ. Типнĕ утта капана хываççĕ. Силос хывас ĕç те хĕрӳллĕ пырать. Çак ĕçсене кашни кун тăватçĕр аллă çын хутшăнать. Силос хывакан колхозниксемпе пĕрле МТС механизаторĕсем те хастарлă ĕçлеççĕ, колхоза пысăк пулăшу параççĕ.

Колхоз выльăх апачĕ ытлăн-çитлĕн хатĕрлет. Вăл вăйлă тырпул туса илет. Тĕштырă, арпа-улăм кирлĕ чухлĕ пулать. Кăçал утă иртнĕ çулхинчен чылай ытларах тухать, общественăлла выльăх-чĕрлĕх валли ăна пĕлтĕрхинчен икĕ хут ытларах хатĕрлеме палăртнă. Фермăсем валли сĕтеклĕ апатсем те çителĕклĕ пулаççĕ: 96 гектар çинче çĕрулмипе тымарçимĕç çитĕнтереççĕ, 550 тонна силос хатĕрлеççĕ.

Колхозра строительство ĕçĕ те анлă сарăлнă. Ку ĕçе пурĕ 58 колхозник хутшăнать. Вĕсем халĕ лашасемпе ĕнесем, сурăхсемпе сыснасем валли тăватă çĕнĕ вите тата пилĕк автомашина вырнаçмалăх гараж тăваççĕ. Витесем стандартлă, пысăк пулаççĕ. Сысна витинех илер. Вăл 240 сысна вырнаçмалăх пулать. Плотниксем çак ĕçсене тырă вырма тухиччен вĕçлессишĕн ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ.

— Пирĕн кăçалхи строительство программи пысăк: тепĕр лаша вити тата ферма работникĕсем валли çурт хартмалла. Эпир ăна срокра пурнăçлатпăр,— тет колхоз председателĕ Е. Андреев юлташ.

Строительство валли мăн кирли пурте пур. Иртнĕ хĕлле колхозниксем Атăл леш енчи вăрманта 1.200 фестметр йывăç касса хатĕрленĕ, ăна çиййĕнчех Ильинкăна турттарса кăларнă. Халĕ çав йывăçа виçĕ автомашинăпа çуртсем тăвакан вырăна турттарса килеççĕ. Коммунист М. Григорьевпа В. Данилов шоферсем кашни кун икшер рейс тăваççĕ.

Иртнĕ çулта колхозра лаша вити тăваттă, сысна вити иккĕ, пăру, сурăх, чăх-чĕп витисем, кормокухня, омшаник, ферма работникĕсем валли пурăнмалли çурт виççĕ тунă. Пĕлтĕр строительствăна, ĕç вăйне шутламасăр, 129 пин тенкĕ хунă, кăçал 143 пин тенкĕ расходлаççĕ.

Районти колхозниксем е ытти районсенчен килнĕ хăнасем строительство валли эсир укçа-тенкĕ ăçтан тупатăр, тесе ыйтаççĕ. Ку ыйту çине Сталин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем яланах çапла ответ параççĕ:

— Фермăсенчи выльăх-чĕрлĕх те пире пысăк тупăш парать, вăйлă тырпул туса илме пулăшать. Çак икĕ отрасле эпир таччăн çыхăнтарнă,—теççĕ.

Йышлă та пысăк тухăçлă выльăх-чĕрлĕхшĕн чăн-чăн кĕрешӳ кунта ялхуçалăх артелĕ пилĕк колхозпа пĕрлешсе пысăкланнă хыççăн пуçланнă. Мĕншĕн тесен, шултра хуçалăхра общественăлла выльăх-чĕрлĕх валли кĕске вăхăтрах çĕнĕ витесем туса хартма, выльăх апачĕн никĕсне çирĕплетсе пыма тата зоотехникăпа ветеринари кăтартăвĕсене лайăхрах пурнăçлама пысăк майсем тухса тăнă.

Ку вăл 1951 çул пуçламăшĕнче пулнă. Унтанпа икĕ çул кăна иртрĕ, анчах та колхоз фермисенче пысăк улшăнусем пулнине куратăн: выльăх-чĕрлĕх шутне, унăн тухăçлăхне те ӳстерсе пыма условисем чылай лайăхланнă. Çавна май иртнĕ икĕ çул хушшинче ферма работникĕсем 149 пăру, 290 путек, 1.322 сысна çури, конюхсем 74 тиха пăхса ӳстернĕ. Кăçал 28 тиха, 50 пăру, 221 путек, 701 сысна çури илсе çитĕнтернĕ. Пĕр çамрăк выльăх та чирлемен, вилмен. Фермăсенче ама выльăхсем хĕсĕр юлассине те пĕтернĕ. Пĕлтĕр доярккăсем 98 пăру илсе ӳстернĕ.

Çамрăк выльăхсене тĕрĕс-тĕкел упраса хăварни колхоза выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли виçĕ çуллăх плана та, 1952 çулхи плана та ирттерсе тултарма май панă. Халĕ колхозри фермăсенче тĕрлĕ выльăхсем 1.635 пуç, качака-кĕшĕк икĕ пин ытла. Ку вăл кăçалхи планпа пăхнинчен чылай нумайрах.

1951 çулта кашни ĕнерен 1.190 литр сĕт суса илнĕ пулсан, 1952 çулта—1.475 литр, кăçал вара çур çул хушшинче—1.000 литр ытла илнĕ. 1951 çулта пурĕ—54.738 литр, 1952 çулта—94.421 литр, кăçал вара çур çулта 73.635 литр сĕт суса илнĕ. Икĕ хута яхăн ытларах!

Колхозниксем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрттăн аталантарассишĕн укçа-тенкĕ те, строительство материалĕсене те хĕрхенсе тăмаççĕ. Çав, тăкаксем халĕ колхоза каялла ытлашшипех тавăрнаççĕ. 1951 çулта фермăсенчен илнĕ тупăш 147,140 тенкĕ пулнă. Иртнĕ çул 397.817 тенкĕ тупăш илнĕ, урăхла каласан, артелĕн пĕтĕм тупăшĕнчен çуррине ытла фермăсем панă. Кăçал вара утă уйăх хушшинче выльăх-чĕрлĕхрен 331.328 тенкĕ тупăш илнĕ.

1951 çулта колхоз фермисенчен уй-хире 6.850 тонна тислĕк кăларнă, 1952 çулта—9.233 тонна, кăçал—4.660 тонна кăларнă та ĕнтĕ.

Колхоз государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана çулсеренех ăнăçлăн тултарать. Кăçалхи обязательствăсене çывăх вăхăтра пĕтĕмĕшпех пурнăçлать.

Ку анчах мар. Колхоз государствăна планран ирттерсе ялхуçалăх продукчĕсем нумай парать. Пĕлтĕр 36 пин литр сĕт, 362 килограмм çу, 187 центнер сысна ашĕ панă. Çавсемшĕн артель автомашина, автоприцеп туяннă тата 45 тонна турантă илнĕ. Кăçал планран ирттерсе сĕт панăшăн грузсем турттармалли тепĕр автомашина туяннă. Халĕ ĕнтĕ колхозăн тăватă автомашина. Пысăк тупăшăн иксĕмĕш çăлкуçĕ—колхозниксем наука вĕрентнĕ пек ĕçлеме пĕлнинче, выльăх-чĕрлĕхшĕн ырми-канми тăрăшнинче.

Фермăсенче пурĕ 69 çын ĕçлет. Пурте вĕсем—хастарлă колхозниксем. Акă свинарка Елена Гавриловна Гаврилова. Вунпилĕк çул ытла ĕçлет вăл фермăра. Вăл колхоз ĕçĕшĕн чĕререн тăрăшнине, хăйĕн ĕçне юратнине куратăн. Пĕлтĕр Гаврилова юлташ хăй пăхакан кашни сысна аминчен 18-шар çура илсе пăхса ӳстернĕ, кăçал—13-шер çура илнĕ. Çурасем сывă та хăвăрт çитĕнеççĕ. Çĕнĕ çулчĕей сысна амисем иккĕмĕш хут çурлаççĕ.

Елена Гавриловна ятне колхозниксем яланах ырă сăмахпа асăнаççĕ. Вăл—район Совечĕн депутачĕ. Унпа пĕрле ама сыснасене пăхакан В. Андреева, В. Данилова, З. Федорова тата Т. Сергеева юлташсем те тăрăшса ĕçлеççĕ. Вĕсем хăйсен обязанноçĕсене, зоотехникăпа ветеринари правилисене, сысна çурисене пăхса ӳстерес техникăна лайăх пĕлсе пурнăçа кĕртсе пыраççĕ.

Фермăра икĕ уйăхран иртнĕ сысна çурисене пăхса ӳстерес тата сыснасене хупса самăртас тĕлĕшпе тепĕр бригада ĕçлет. Кунта К. Музыкова, А. Огурцова, А. Смирнова, О. Атласкина тата А. Голубева колхозницăсем ырми-канми тăрăшаççĕ. Бригадăна 58 çулхи колхозник Денис Захарович Смирнов ертсе пырать. Вăл фермăра нумай çул хушши ĕçлесе пуян опыт пухнă. Пĕлтĕр 322 пуç сысна самăртнă, вĕсен чĕрĕ виçи кашнин 80 килограмран кая мар пулнă.

Смирнов юлташ ертсе пыракан бригада кăçал тата пысăкрах çитĕнӳсем тăвать. Июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне 262 пуç сысна самăртнă, вĕсен чĕрĕ виçи 22 тонна ытла тайнă. Колхоз фермăран 273.419 тенкĕ тупăш илнĕ. Иртнĕ çулхи тупăш 260.396 тенкĕ пулнă.

Колхозăн ĕне фермине те хăйсен ĕçне ăста пĕлекен, общественăлла хуçалăх интересĕсемшĕн тăрăшакан çынсем ĕçлеççĕ. Акă Раиса Кириллова доярка. Иртнĕ çул вăл хăй пăхакан 9 ĕнерен кашнинчен вăтам шутпа 1.548 литр сĕт суса илнĕ. Кăçал ĕнесен сĕт тухăçлăхне чылай ӳстернĕ, июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне кашни ĕнерен 1.084-шар литр сĕт суса илнĕ. Раиса Кириллова кăна мар, фермăра ĕçлекен М. Орлова, О. Тодинова, А. Мразова, Н. Пугачева тата ытти доярккăсем те хăйсем пăхакан ĕнесенчен сĕт суса илмелли задание уйăхран уйăха ирттерсе тултараççĕ.

Хăйсене шанса панă ĕçе чĕререн юратса туса пыракан, пуçарулă та пултарулă ферма заведующисем çинчен те пĕр-икĕ сăмах каласа хăвармалла. Сысна ĕрчетес ĕçе колхозра коммунист И. Огурцов юлташ ертсе пырать. Вăл фронтран таврăнсанах, 1946 çулта, «Знамя труда» колхозри фермăсен заведующийĕ пулса ĕçлеме тытăннă, халĕ пысăк колхозра, пысăк фермăна аталантарассишĕн пĕтĕм вăйне хурать.

Ĕне фермин заведующийĕ П. Оньков юлташ пирки те çавнах каламалла. Вăл—КПСС членĕ, Муркаш ял Совечĕн депутачĕ, ветеринари фельдшерĕ, фронтовик пулнă, çиччĕмĕш çул ĕнтĕ фермăра пĕр улшăнмасăр ĕçлет. Оньков юлташ ертсе пыракан фермăра пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлесси, колхоз умĕнче тăракан задачăсене пурнăçа кĕртесси çинчен пухăнса канашласси, малта пыракансен опытне вĕренесси—çаксем пурте кулленхи ĕç йăлине кĕнĕ.

Ферма работникĕсен ĕçне мĕнле йĕркеленипе палласар. Вĕсем пурте уйрăм сдельщина йĕркипе ĕçлеççĕ. Колхозниксене ĕçшĕн мĕн чухлĕ сĕт суса илнине, миçе çамрăк выльăх пăхса ӳстернине, выльăх-чĕрлĕх мăнтăррине кура тӳлеççĕ. Колхозри ытти фермăсенче те ĕçе тата ĕçшĕн тӳлессине лайăх йĕркеленĕ. Ĕçне кура—тупăшĕ. Пĕлтĕр В. Данилова свинарка 624 ĕçкунĕ тунă, 87 пăт тырă, 499 тенкĕ укçа, выльăх апачĕ чылай илнĕ.

Колхоз фермисенче социализмла ăмăртăва тивĕçлипе пуçарса пыраççĕ. Фермăсем, унта ĕçлекен колхозниксемпе колхозницăсем пурте пĕр-пĕринпе тата районти «Красное Сормово», Энгельс ячĕпе тăракан, «Свобода» «Сталинец» ялхуçалăх артелĕсенчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсемпе ăмăртса ĕçлеççĕ, ăмăртура малта пыраççĕ. Çак патриотла ĕçкленĕве колхозри коммунистсемпе комсомолецсем пуçарнă. Колхозри парторганизаци секретарĕ З. Магаев тата ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Н. Осипов юлташсем фермăсенче час-часах пулаççĕ, ăмăртăва тивĕçлипе ертсе пыраççĕ. Хастарлă колхозниксем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх заданийĕсене ăнăçлăн пурнăçлассишĕн çине тăрсах кĕрешеççĕ.

**М. ОСИПОВ.**

Муркаш районĕ.

# Демократиллĕ Германи Республикинче ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланать

### ГЕРМАНИРИ СОЦИАЛИСТСЕН ПĔРЛĔХЛĔ ПАРТИЙĔН ЦЕНТРАЛЬНĂЙ КОМИТЕЧĔН ПОЛИТБЮРОВĔ ПĔЛТЕРНИ

БЕРЛИН, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Нейес Дейчланд» хаçат паян Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕ пĕлтернине пичетленĕ. Унта çапла каланă:

Июлĕн 14-мĕшĕнче Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюровĕн ларăвĕ пулнă. Ларура никĕçсен ирĕклĕ профсоюзĕсен пĕрлешĕвĕн центральнăй правленийĕн представителĕсем те пулнă. Производство планĕсене мĕнле тултарса пыни çинчен тата халăх хуçалăхĕпе финанс планĕсенчи улшăнусем çинчен доклад итленĕ. Çавăн пекех тата рабочисен пурнăç условийĕсене малашне мĕнле лайăхлатса пыма май килесси çинчен сӳтсе явнă. Производство ӳсниие тата халăх хуçалăх планĕнче улшăнусем тунине пула тариф тĕлĕшпе 1—4-мĕш ушкăнсене кĕрекен рабочисен ĕç укçине ӳстерес пирки профсоюзсем тăратнă сĕнĕве ырланă. Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕпе профсоюзсем Демократиллĕ Германи Республикин правительствине халăх промышленноçĕн предприятийĕсенчи, транспортри, строительство промышленноçĕнчи, ялхуçалăхĕпе вăрман хуçалăхĕнчи, коммунальнăй предприятисенчи, государствăн суту-илӳ организацийĕсенчи тата потребительсен кооперативĕсенчи тариф тĕлĕшпе 1—4-мĕш ушкăнсене кĕрекен рабочисен ĕç укçине ӳстерме сĕннĕ; çавăн пекех тата ĕç укçине ӳстерес пирки панă распоряжени августăн 1-мĕшĕнчен вăя кĕтĕр тесе, çав ĕçе тума финанс тĕлĕшпе хатĕрленсе çитме ыйтнине палăртнă.

Профсоюзсен представителĕсем тата çакăн пек сĕнӳ панă: вырсарникунсенче ĕçленĕшĕн хушса тӳлекен укçана чакарнă е пачах тӳлемен çĕрте июлĕн 15-мĕшĕнчен пуçласа вырсарникунсенче пĕрмаях ĕçленĕшĕн ĕç укçине ĕлĕкхи пекех хушса тӳлемелле.

Малалла Демократиллĕ Германи Республикин правительствине 1953 çулхи январĕн 1-мĕшĕнче ĕç укçине чакармалла тунине июлĕн 15-мĕшĕнчен пăрахăçлама сĕннĕ. Çавна май предприятисен ĕç укçи фончĕсене кирлĕ таран ӳстерме сĕнеççĕ.

## Китайра рис вăйлă пулнă

ПЕКИН, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат паян çапла çырать: пур çĕрте те ир пулакан рис тухăçлăхĕ пысăк пуласси кĕтеççĕ. Вăтаçĕр-Кăнтăр Китайри нумай районсенче, тесе çырать хаçат, хресченсем нумайăшĕ кăçал пĕлтĕрхинчен 10—20 процент ытларах рис пухса илме пултараççĕ. Хунань провинцийĕн хĕвелтухăçĕнчи пайĕнче тата Янцзы юханшывĕнчен çурçĕрти тата кăнтăр енчи районсенче, Хубэй провинцийĕнче кăçал рис тухăçлăхĕ пĕлтĕрхинчен 10 процента яхăн ытларах пулать.

Хайнань утравĕ çинче тырпул пухса кĕртес ĕç Гуандун провинцийĕнчи ытти районсенчинчен маларах пуçланать. Унта халĕ çуллахи риса пĕтĕмпех пухса кĕртнĕ.

## Китайра кооперативсен шучĕ ӳсет

ШАНХАЙ, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). «Фуцзяньжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Фуцзянь провинцийĕнче 11 миллион çын пурăнать пулсан, çав шутран 5 миллион хресчен пĕр-пĕрне ĕçре пулăшмалли бригадăсене тата ялхуçалăхĕнчи производство кооперативĕсене пĕрлешнĕ. Май уйăхĕ вĕçленнĕ тĕле кунта тĕрлĕ таварсем илекен тата потребительсен кооперативĕсем 829 шутланнă, вĕсенче пĕтĕмпе 3 миллион çын ытла члента тăрать. Çак кооперативсен таварсем сутмалли тата туянмалли пунктсем нумай, çавăн пек пунктсем халĕ кашни ялта пекех пур.

Чĕртавар туянакан тата потребительсен кооперативĕсем хресченсен пурнăçĕнче кунтан-кун пысăкрах та пысăкрах вырăн йышăнса тăраççĕ. Кооперативсем хресченсенчен ялхуçалăх продукчĕсем туянаççĕ, вĕсене куллен кирлĕ промышленность таварĕсем сутаççĕ.

## Польшăра учебниксем нумай кăлараççĕ

ВАРШАВА, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Çĕнĕ вĕренӳ çулĕ çывхарнă май Польшăри издательствăсем пĕтĕмĕшле пĕлӳ паракан шкулсемпе уйрăм ĕçе вĕрентекен шкулсем валли 19 миллион экземпляр учебник, çав шутра çĕнĕ учебниксем, сăмахран, «Польша историйĕ» ятлă учебник, Польша Халăх Республикин конституцийĕ çинчен вĕренмелли учебника тата ытти кĕнекесене нумай пичетлесе кăларнă.

Шкул ачисем валли çавăн пекех «ССР Союзĕн экономикăлла географийĕ», «Польша литературин историйĕ» учебникĕсем тата ытти нумай кĕнекесем пичетленсе тухаççĕ.

Польшăра учебниксене халĕ нихçанхинчен те пысăк тиражпа, çĕршер пин экземпляр пичетлесе кăлараççĕ.

## Ирĕклĕ халăхсем пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесе пурăнни усăллă

СОФИЯ, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикипе Венгри Халăх Республики пĕр-пĕринпе туслă пуласси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор туса алă пуснăранпа паян пилĕк çул тултарать. Иртнĕ пилĕк çул хушшинче хуçалăхпа культура ĕçĕсен пур облаçĕсенче те икĕ çĕршыв пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси вăйланнă. Болгарипе Венгри хушшинче таварсем сутса илесси çултан-çул анлăрах та анлăрах сарăлать. Болгари Венгрие руда, концентратсем, искусственнăй удобрени, ялхуçалăхĕн чĕртаварĕсемпе продукчĕсене сутать, Венгрирен вара машинăсем, автотранспорт хатĕрĕсем, холодильниксем, химикалисем тата ытти япаласем илсе пырать.

Икĕ халăх пĕр-пĕринпе культура енĕпе килĕштерсе ĕçлесси те вăйланнă.

Болгарири хаçатсем паян договор пилĕк çул тултарни çинчен статьясем пичетленĕ.

### «СКАНДЕРБЕГ—АЛБАНИН АСЛĂ ВОИНĔ» ЯТЛĂ ФИЛЬМА ӲКЕРСЕ ПĔТЕРНĔ

ТИРАНА, июлĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Албанире М. Папава сценарийĕ тăрăх *«Скандербег—Албанин аслă воинĕ»* ятлă нумай тĕслĕ илемлĕ фильма ӳкерсе пĕтернĕ. Ку фильма ӳкерес ĕçе «Мосфильм» киностудийĕпе «Новая Албания» киностудийĕ пĕрле туса пынă. Фильмри сцен*ăсенче Албани халăхĕ Турци пусмăр*лăхне хирĕç паттăр кĕрешнипе паллаштаракан ĕçсемпе фактсене кăтартаççĕ.

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНАЯ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ июлĕн 16-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче халăх çарĕсем Синмоктон тата Андон патĕнче хăшпĕр çĕрте тăшмана хирĕç çапăçнă.

Халăх çарĕсен зенитнăй чаçĕсем тата самолетсене хирĕç çапăçакан салтакĕсем паян тăшманăн 4 самолетне персе ӳкернĕ, 2 самолетне сиен кӳнĕ.

### КОРЕЙĂРИ ПЕРЕМИРИ ПИРКИ ПЫРАКАН КАЛАÇУСЕНЕ ХУТШĂНАКАН КОРЕЙĂПА КИТАЙ ДЕЛЕГАЦИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПЕКИН, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, Корейăри перемири çинчен пыракан калаçусене хутшăнакан Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Июлĕн 16-мĕшĕнче икĕ енĕн делегацийĕсен хупă ларăвĕ пулнă. Тепĕр ларăва июлĕн 18-мĕшĕнче, кăнтăрла, 2 сехетре пухăнма палăртнă.

### ЛИ СЫН МАНПА США ХУШШИНЧИ КАЛАÇУСЕМ ПИРКИ

НЬЮ-ЙОРК, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк пост» хаçат хăйĕн Вашингтонри обозревателĕ Роберт Аллен çырнă статьяна пичетленĕ. Унта «Перемири тунипе килĕшме сăмах панишĕн Ли Сын Ман питĕ пысăк хак ыйтнă, анчах вăл килĕшессине шанма çук», тесе çырнă.

Сенатăн ют çĕршыв ĕçĕсен комиссийĕн членĕсем вĕсене вунă пунктран тăракан вăрттăн килĕшӳпе паллаштарнă хыççăн тĕлĕнсех кайнă. Çав килĕшĕве государство секретарĕн Инçет Хĕвелтухăçри ĕçсем тĕлĕшпе ĕçлекен помощникĕ Кăнтăр Корейăн ватăлса кайнă правителĕпе пĕрле малтанлăха хатĕрленĕ.

Çав питĕ хакла ларакан условисем хушшинче çакă пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать:

Пĕрлешӳллĕ Штатсен Кăнтăр Корейăн 22 дивизиллĕ çарне тата тинĕс-çарĕн чылай пысăк флотне, сывлăш çарĕн чылай пысăк вăйне тумалла. Кăнтăр Корейăн пĕр дивизине хатĕрлеме тата хĕçпăшаллантарма 100 миллион доллар кирлĕ пулать. Халĕ çавăн пек 16 дивизи пур. Ку вара, тинĕс-çарĕпе авиацин чылай чаçĕсемсĕр пуçне, тата тепĕр 6 дивизи тума кирлине пĕлтерет. Малтанлăха шутласа пăхнă тăрăх, çак программăна пурнăçлама 600 миллион доллар ытла кирлĕ пулать.

Пĕрлешӳллĕ Штатсен çавăн пекех тата темиçе çул хушши экономикăлла пулăшу тата çĕршыва юсама пулăшу парса тămалла, çакă вара пĕр миллиард доллара ларать.

Çав хакла ларакан программăсене мĕнле пурнăçласа пырасси çинчен, вĕсене пурнăçласа пынине Пĕрлешӳллĕ Штатсен е Кăнтăр Корейăн сăнаса тămалла пуласси çинчен сенаторсене пĕлтермен. Тыткăнри çар çыннисене улăштарса илес ĕç мĕнле пынине сăнанă чухне Инди, Польша тата Чехословаки çарĕсемпе усă курас мар пирки Ли Сын Ман мĕнле требовани лартни çинчен сенаторсем ыйтусем чылай панă. Сенаторсене çапла пĕлтернĕ: Робертсон хатĕрленĕ килĕшӳсене *Пĕрлешнĕ Нацисен Корейăри* вăрçа хутшăннă ытти союзникĕсене çирĕплетме памалла.

# Европăра Америка хушса тăнине хирĕçле шухăшсем сарăлни çинчен Америкăри хаçат мĕн çырать

НЬЮ-ЙОРК, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Уолл-стрит джорнэл» хаçат «Америкăна кăмăлламани» ятлă статья пичетленĕ, ăна хаçатăн Парижри корреспонденчĕ Филлипс çырнă.

«Францири çулсем çинче,—тет Филлипс,—суртсен стенисем çине пур çĕрте те «Американецсем, килтен киле тухса кайăр!» тесе çырнисем курăнаççĕ. Америкăн тулашри политики Европăри çынсенчен нумайăшне кăмăла каймасть. Вĕсем Америкăн шалти ĕçĕсем енĕпе йышăнакан мерăсене те килĕштермеççĕ. Пĕрлешӳллĕ Штатсем Совет Союзĕпе унăн политики çине мĕнле пăхни—кăмăлсăрлăхăн тĕп сăлтавĕ пулса тăрать. Европăра çакăн пек шухăш пур çĕре те сарăлнă: Пĕрлешӳллĕ Штатсем вырăссемпе калаçса татăласшăн мар тата Хĕвелтухăçĕпе Хĕвеланăç хушшинчи йывăр лару-тăрăва çăмăллатасшăн мар. Мĕншĕн тесен ун пек туни США-н экономики начарланасси патне илсе пыма пултарать, тесе шутлаççĕ.

Пĕрлешӳллĕ Штатсен политикин ытти енĕсене те Европăри çынсем ялан критиклеççĕ. Вĕсенчен чылайăшĕ Пĕрлешӳллĕ Штатсем чăннипе пурнăç мĕнлине шута илменнине, Китая йышăнма, ăна Пĕрлешнĕ Нацисен организацине илме тата Формоза утравне Китая пама килĕшмесĕр Англире мир тума пулăшманнине палăртаççĕ. Европа çыннисем çаксене критиклеççĕ: эпир тарифсем пирки туса хунă пӳлӳсене пĕтерме килĕшменнине; эпир союзниксене хĕçпăшалланмалли программăна пурнăçлас тĕлĕшпе хĕснине; эпир союзниксене Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе çыхăнса суту-илӳ тума пăрахма хĕснине. Европа çыннисем нумайăшĕ хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе çыхăнса суту-илӳ тăвасшăн, çавăн пек туни долларсене перекетлеме, таварсем нумайрах сутма, рабочисен çĕнĕ ушкăнĕсене ĕç тупса пама пулăшать, тесе шутлаççĕ. Европăри çынсем эпир вĕсен правительствисен тулашри политикине хамăршăн усă пулмалла тума хăтланнине, эпир урăх çĕршывсен шалти ĕçĕсене хутшăннине критиклеççĕ. «Американа хирĕçле шухăшсене коммунистла пропаганда пуçарать тесе шутлани йăнăш» пулнине палăртса, Филлипс Европăри рядовой çынсем, США-н тулашри политикине хытă критиклекенсем, мĕн каланине илсе кăтартать. «Пĕрлешӳллĕ Штатсем Италире пуç пулса тăнине тата де Гаспери Вашингтонран мĕн хушнине туса тăнине кашнинех пĕлет»,—тесе калать Италири сутуçă. Паллах ĕнтĕ, вăл коммунист мар. Унтан вăл çапла хушса хурать: «Американецсем пире вăрçа хатĕрленес тĕллевпе çеç пулăшаççĕ. Вĕсем пирĕн дивизисене хăйсен аллине илесшĕн».

Хĕвеланăç Европăри государствăсен Америка майлă тăракан деятелĕсен позицийĕсем шанчăклă маррине палăртса, Филлипс юлашкинчен çапла çырать: «Европăри çĕршывсен Пĕрлешӳллĕ Штатсен политикипе тачă çыхăннă руководителĕсен халĕ иккĕрен пĕрне суйласа илмелле: е вĕсене хăйсен халăхĕ вырăнтан кăларса сирпĕтет, е вĕсен хăйсен çĕршывĕсенчи общественноçăн чăн-чăн шухăшĕпе килĕшӳллĕ политикăна тытса пырас çул çине тămалла. Вĕсем кирек хăшне суйласа илсен те, результачĕ пĕр пекех пулать: вĕсем Америка ертсе пынине (урăхла каласан, Америка хушса тăнине.—Ред.) хирĕç хытă тăма тытăнĕç, пĕлес çук, тен, юлашкинчен Америка ертсе пынипе пачах килĕшми пулĕç».

# Калькуттăри тата Индири ытти хуласенчи забастовкăсем

ДЕЛИ, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Калькутта çыннисем Англин трамвай компанине хирĕç паттăр кĕрешеççĕ. Кĕрешӳ малалла пырать. Сулахайри партисемпе прогрессивлă профсоюзсем чĕннипе июлĕн 15-мĕшĕнче Калькуттăра тепĕр хут пĕтĕмĕшле забастовка ирттернĕ. Предприятисем, учреждениссем, магазинсем, шкулсем, почтăпа телеграф, мĕнпур йышши транспорт ĕçлеме чарăннă. Калькуттăри ĕççыннисемпе пĕр шухăшлă пулнине палăртса, Хоур, Бурнпур, Азансол, Ранигандж хулисенчи тата Хĕвеланăç Бенгалири ытти промышленность центрĕсенчи 500 пин рабочи пĕтĕмĕшле забастовка тума тытăннă.

Паян хаçатсем Калькуттăра полиципе халăх хушшинче массăллă тытăçусем пулни çинчен пĕлтереççĕ. Полицейскисем демонстрантсене хирĕç газ тултарнă гранатăсемпе усă курнă. 600 çынна тытса хупнă. Июлĕн 15-мĕшĕнче Калькуттăра пысăк митингсемпе демонстрацисем пулнă.

Калькуттăра июлĕн 15-мĕшĕнче пулнă пĕтĕмĕшле забастовка пур енчен те питĕ ăнăçлă иртнĕ, тесе çырать «Хиндустан стандарт» хаçат Калькуттăри ĕçсем пирки.

## Японири забастовкăсем

ШАНХАЙ, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Токиоран илнĕ хыпарсем тăрăх, Японири рабочи класс хăйĕн пурнăçне лайăхлатасшăн çине тăрса кĕрешет.

Токиори радио паян пĕлтернĕ тăрăх, государство чугун çулĕсем çинче ĕçлекен рабочисен Пĕтĕм Японири профсоюзне пĕрлешнĕ железнодорожниксем 400 пин çынна яхăн ĕç укçи ӳстерттересшĕн кĕрешеççĕ. Токио, Осака, Нагой, Сендай хулисенчи тата Японири ытти пысăк хуласенчи железнодорожниксем уйрăм вырăнсенче забастовкăсем ирттереççĕ.

Японири учительсем хăйсен пурнăçне лайăхлатма ыйтаççĕ. Çав вăхăтрах учительсен Пĕтĕм Японири профсоюзĕ Иосида правительстви çутĕç валли укçа-тенкĕ расходлама килĕшменнине хирĕç протестлемелли юхăма анлă сарать.

Çакăнпа пĕрлех Японири профсоюзсем забастовкăсем ирттерме чаракан закон проектне хирĕç кĕрешеççĕ. Çав проекта правительство Япони парламенчĕн советниксен палатинче пăхса тухма панă. Токиори радио ĕнер çапла пĕлтернĕ: Японири профсоюзсен Генеральнăй Совечĕ çывăх вăхăтрах, рабочисене хирĕç пыракан закон проектне хирĕç протестлесе, пĕтĕм çĕршывĕпе виççĕмĕш хут забастовкăсем ирттерме йышăннă.

### ГВАТЕМАЛĂРА «ЮНАЙТЕД ФРУТ КОМПАНИ» ÇĔРĔСЕНЕ ТЫТСА ИЛНĔ

НЬЮ-ЙОРК, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Гватемалăра нумай пулмасть «Юнайтед фрут компани» çĕрĕсене конфискациленĕ. Гватемала правительстви çав çĕрсене валеçме пуçлани çинчен пĕлтернĕ. Малтанлăха шутласа тухнă тăрăх, çĕрсĕр 1.500 çемьене 8 пин акр çĕр валеççе параççĕ.

## Венăри ĕççыннисен митингĕ

ВЕНА, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Венăра 1927 çулхи июлĕн 15-мĕшĕнче фашизм тапăннине хирĕç, ирĕклĕхшĕн кĕрешсе вилнĕ рабочисене асăнса лартнă памятник пур. *Ĕнер çав памятник патĕн*че ĕççыннисен митингĕ пулнă. Митингра Австрири коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе Отто Фишер сăмах тухса каланă. Вилнĕ паттăрсене асăнса, тенĕ Отто Фишер, Австрири рабочисем çĕршывра фашизмла йĕркесем туса хурас хăрушлăха хирĕç, миршĕн, ирĕклĕхшĕн тата Австрин никама пăхăнманлăхĕшĕн малашне те пĕтĕм вăя хурса хастарлăн кĕрешме тупа тăваççĕ.

Памятник умне çĕршыври предприятисен нумай йышлă коллективĕсен тата общесвăлла организацисен ячĕпе чечек кăшăлĕсем хунă.

## Аргентинăри халăх театрĕ

БУЭНОС-АЙРЕС, июлĕн 16-мĕшĕ. (ТАСС). 1932 çулта Буэнос-Айресра халăх театрĕ тунă. Çав театра Аргентина çыннисем тивĕçлипех кăмăлласçĕ. Театр хăй ĕçлеме пуçланăранпа вырăс классикĕсен тата урăх çĕршывсен классикĕсен, совет писателĕсен тата урăх çĕршывсенчи прогрессивлă писательсен вуншар произведенийĕсене кăтартса панă.

Кăçал театр хăйĕн сезонне Аргентина писателĕ Карлос Карлин çырнă «Обетованная земля» ятлă пьесăна лартнипе пуçланă. Çав пьесăра Аргентинăри хресченсен йывăр пурнăçне кăтартса панă. Хальхи вăхăтра театр Китайра çырнă «Свадьба в Пекине» ятлă пьесăна ларать. Ку пьесăра Китай Халăх Республикинчи çынсен çĕнĕ йăлисем çинчен каласа кăтартнă. Ку пьесăна Китай Халăх Республикинче хытă юратаççĕ, ăна Аргентина çыннисем те питĕ кăмăлласçĕ.

# Шкул ачисен çуллахи спорт ăмăртăвĕ

Çак кунсенче Шупашкарта республикăри çамрăксен спорт шкулĕсенче вĕренекенсемпе шкул ачисен çăмăл атлетика, баскетбол тата шывра ишмелли ăмăртăвĕ вĕçленчĕ. Ăмăртăва республикăри 24 районпа хуласенчен пурĕ 333 çамрăк спортсмен хутшăнчĕ.

Республикăра ирттернĕ ăмăртура çамрăк спортсменсем пĕлтĕрхинчен лайăх результатсем кăтартрĕç. Уйрăмăх Шупашкар, Улатăр, Канаш хулисенчи баскетболистсен ăсталăхĕ чылай ӳсни палăрчĕ. Ăмăрту участникĕсем шывра ишессипе 9 рекорд турĕç.

Ăмăрту результачĕсем тăрăх пĕррмĕш вырăна — Шупашкар хулин пĕрремĕш команди, иккĕмĕш вырăна—Куславкка районĕн команди, виççĕмĕш вырăна—Комсомольски районĕн команди йышăнчĕç.

Çамрăксен спорт шкулĕсенче вĕренекенсем хушшинче пĕрремĕш вырăна Шупашкар хулинчи шкулта вĕренекенсем, иккĕмĕш вырăна — Улатăрти, виççĕмĕш вырăна—Канаш хулинчи çамрăксем тухрĕç.

Ăмăртура малтанхи виçĕ вырăна йышăннă командăсене Чăваш АССР Сутĕç министерствин хисеплĕ грамотине тата кусса çӳрекен хаклă приз панă.

Г. ХАЙКИН.

## Поликлиника уçнă

Шупашкарти ачасен çĕнĕ поликлиникине уçнă. Унта шăл, куç, хăлха чирĕсенчен, ревматизмран тата ытти чирсенчен сыватмалли кабинетсем пур.

Поликлиника, хула варринче Плеханов урамĕнче вырнаçнă. Поликлиникăра хулари тата республикăри ытти районсенчен килнĕ ачасем сываласçĕ. Ачасен сывлăхне тĕрĕслеттерме кунта уйрăм пӳлĕмсем пур.

П. НИКИФОРОВ.

## Драма коллективĕнче

Чăвашсен Государство педагогика институтĕнчи студентсен драма коллективĕ республикăри лайăх ĕçлекен коллективсенчен пĕри шутланать. Ку коллектива нумай çул хушши ĕнтĕ Чăваш АССР тава тивĕçлĕ артисчĕ Гусев юлташ ертсе пырать.

Драма коллективĕ юлашки çулсенче вырăс классикĕсен, çавăн пекех совет драматургĕсен пьесисене сцена çинче лартса кăтартнă.

Педагогика институчĕн драма коллективĕ, республикăра пулса иртекен олимпиадăсемпе смотрсене хутшăнса, яланах малти вырăна йышăнать.

Драма коллективĕнчи студентсем, каникулсем вăхăтĕнче ялсене кайса, художествăлла пултарулăх коллективĕсене пулăшу параççĕ.

Н. АМУРЦЕВ.

## *Ялхуçалăх специалисчĕсен техникумĕнче*

Çĕрпӳри ялхуçалăх техникумĕ çулсерен вăтам квалификациллĕ ялхуçалăх специалисчĕсем вĕрентсе кăларать. Вĕренсе тухнă специалистсенчен чылайăшĕ хамăр республикăри МТС-семпе колхозсенче ĕçлеççĕ.

Техникум иртнĕ 22 çул хушшинче 800 çын вĕрентсе кăларнă. Кăçал техникумран 47 агроном, техник-механиксем 16 çын вĕренсе тухмалла. Халĕ техникумра вĕренӳ çулĕ вĕçленсе пырать. Кĕçĕн курссенче вĕренекенсем экзаменсене ăнăçлă тытрĕç. Виççĕмĕш курсран вĕренсе тухнисем Çĕрпӳ, Вăрнар, Вăрмар, Елчĕк тата Чкаловски районĕсенчи колхозсенче производствăлла практикăра ĕçлеççĕ.

Тăваттăмĕш курсра вĕренекенсен июлĕн 11-мĕшĕнче государство экзаменĕсем пуçланчĕç. Малтанхи экзаменра М. Павлов, В. Зюзин, А. Компанькова лайăх пĕлӳ илнине кăтартрĕç. Механизаци уйрăмĕнче вĕренекенсем дипломлă ĕçсем, унпа пĕрлех чертежсемпе схемăсем тунă.

Г. ПАВЛОВ,
Г. ЖУКОВСКИЙ.

## Тимĕр-тăмăр пухаççĕ

Ишлей районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозра тимĕр-тăмăр пухассине йĕркеленĕ. Нумаях пулмасть артель членĕсем пĕр кун хушшинче икĕ тонна ытла тимĕр-тăмăр пухса государствăна панă.

В. АРХИПОВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Социализмла экономика хăватлăн аталанать («Правда» хаçатăн июлĕн 17-мĕшĕнчи умстатьи).

СССР Министрĕсен Совечĕ çумĕнчи Центральнăй Статистика Управленийĕ СССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕн чухлĕ тултарни çинчен пĕлтерни.

Йĕпреç МТС-ĕнчи комбайнерсем хăйсен ĕçĕнчи опытпа паллаштараççĕ.

**А. Федоров.**— Вăрлăхлăх акнă нумай çул ӳсекен курăксене лайăх пăхса ӳстермелле.

**М. Харитонов.**— Вĕренӳ çулне лайăх хатĕрленер.

Урăх çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — Кизел хулинчи драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 18-мĕшĕнче «Ночь ошибок».

Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 18-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Рядовой Александр Матросов», ытти сеанссенче — «Дочь полка». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

# Тăванла пĕрлĕх

## (Польшăран килнĕ çыру)

Юзеф Марков Варшавăри çĕнĕ çуртсен стенисене кирпĕч хыççăн кирпĕч хурса купаланă чухне унăн ĕçне сехет сехечĕпех пăхса тăма пулать. Унăн хăвăрт та меллĕ ĕçĕ ăста каменщиксене те савăнтарать.

— Ăсталăха эпĕ совет строителĕсенчен вĕреннĕ,—тет Юзеф Марков.—Хăйсен ĕçне лайăх пĕлекенсем пирĕн ĕлĕк те пулнă, анчах вĕсем ун чухне пĕчченшерĕн ĕçленĕ, вĕсем тата ытлашши васкама та тăрăшман, мĕншĕн тесен хуçа пурпĕрех сахал тӳленĕ. Халĕ ĕнтĕ пирĕн патăрта та совет меслечĕсемпе икшерĕн тата виçшерĕн пĕрле ĕçлекенсене час-часах куратăн.

Юзеф Марков Совет Союзĕнче пулнă, Мускав завочĕсемпе фабрикисене, Харьковпа Ростовра çĕнĕ çурт-йĕрсем тунине, Сочири санаторисене курнă. Вăл архитектурăпа, строительство техникипе тата совет рабочийĕсен малта пыракан опычĕпе питĕ интересленнĕ. Мускавра вăл Шавлюгин меслечĕпе ĕçлекен юлташĕсемпе тĕл пулса калаçнă. Хăйĕн Тăван çĕршывне таврăнсан, Юзеф Марков кирпĕч хывас ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тунă.

Совет строителĕсен шкулĕн ученикĕ, Варшавăри чаплă строитель халĕ ĕнтĕ хăй опычĕ çинчен ыттисене каласа кăтартать. Юзеф Марков Демократиллĕ Германи Республикинче икĕ хутчен пулнă, унта вăл Берлинăн демократиллĕ секторĕнчи стройкăра хăйĕн ĕç меслечĕпе паллаштарнă. Нимĕç строителĕсемпе вăл тачă çыхăну тытать. Польша каменщикĕсем Албани столицин—Тирана строителĕсемпе те туслă пурăнаççĕ.

— Пĕр-пĕрне пулăшса тăрасси питех те пысăк ĕç,—тет Юзеф Марков.—Совет çыннисем пирĕн çитĕнӳсемшĕн савăннине эпĕ хам курнă. Совет строителĕсем мана пулăшрĕç, эпĕ хам опытпа нимĕç строителĕсене паллаштаратăп, вĕсем хăйсен черечĕпе Чехословаки рабочийĕсемпе çыхăну тытаççĕ. Çакă вăл çĕнĕ меслетсене хăвăрт вĕренсе çитме, харпăр хăй çĕршывĕсенче ăнăçлăн çĕнĕ пурнăç тума пулăшать.

...Варшавăри тĕп урамсенчен пĕринче шкулăн çĕнĕ çурчĕ ларать.

— Ку çурта хамăр проектсем тăрăх Польша рабочийĕсем тунă,—тесе пĕлтерет шкул директорĕ Станислав Мосцицкий.—Çав вăхăтрах пирĕн кашни шкул ачинех çакна лайăх пĕлет: вăл çурта тума Чехословакири туссем те хутшăннă. Юлташлăха палăртса, вĕсем шкул хартма расходланă укçан пĕр пайне хăйсем çине илчĕç.

Шкул çуртĕнче Польша ачисемпе пĕрлех ытти çĕршывсен çамрăкĕсем те пулаççĕ. Кунта кашни кунах Корея ывăлĕсемпе хĕрĕсем—Варшавăри политехнически институт студенчĕсем килеççĕ. Вĕсемшĕн Польшăри юлташсем ăшшăн тăрăшаççĕ. Чехословакири туссем пулăшнипе тунă Польша шкулĕнче Корея студенчĕсем Польша чĕлхине вĕренеççĕ, çакă вăл институтра ăнăçлă вĕренме пулăшать.

— Польшăпа Чехословаки хушшинчи туслăха палăртса эпир хамăр шкула Клемент Готвальд ятне патăмăр,—тет Станислав Мосцицкий...—Çакăншăн пирĕн пур ачасем те савăнаççĕ.

Польшăри хуласемпе ялсенче халăхсен тăванла çыхăнăвĕсене тата пĕр-пĕрне пулăшса тăнине кăтартакан нумай тĕслĕхсене аса илеççĕ. Польшăна фашизм чуралăхĕнчен ирĕке кăларсан, совет халăхĕ Польшăри ĕççыннисене тырпул, ашкакай, кăмрăк тата ытти таварсем те ярса пачĕ.

— Совет халăхĕ пирĕн столицăна питĕ чаплă парне пачĕ, Совет Союзĕ культурăпа наукăн И. В. Сталин ячĕпе тăракан Дворецне туса парать,—тесе каларĕ пире Силезири чапа тухнă шахтер Бернард Бугдол.—Ку вăл тăванла çыхăнусем çирĕпленсе пынине кăтартса паракан тепĕр тĕслĕх.

Польша рабочийĕсемпе хресченĕсем ытти çĕршывсенчи ĕççыннисемпе туслă та ĕçлĕ çыхăну тытни çинчен хаçатсенче кашни кунах вулама пулать. Варшава строителĕсем пĕтĕм тĕнчипе чапа тухнă Сталинград хулипе тата Белоруси столицине—Минскпа çирĕп çыхăну тытаççĕ. Варшавăпа София, Варшавăпа Будапешт хулисем пĕр-пĕрин патне çырусем, альбомсем тăтăшах ярса тăраççĕ. Çапла вара, пĕр хулари ĕççыннисем тунă паллă çитĕнӳ тепĕр хула çыннисен тивĕçĕ те пулса тăрать.

— Кӳршĕри халăхсем тăшман пек пулса пурăннă вăхăт ĕмĕрлĕхех иртсе кайрĕ,—тесе пĕлтерчĕç пире урăх çĕршывсемпе культура çыхăнăвĕсем тытакан Польша комитетĕнче.—Халĕ ĕнтĕ вăл халăхсем—туссем. Совет çыннисем Польша культурине юратаççĕ тата хаклаççĕ, Польша ĕççыннийĕсем совет фильмĕсемпе пьесисене кăмăлласа пăхаççĕ. Ирĕкре пурăнакан Венгри халăхĕн культури те, Чехословаки ĕççыннийĕсен çитĕнĕвĕсем те Польша халăхĕшĕн пĕр пекех çывăх.

Польшăпа Совет Союзĕн туслăхĕ уйăхлăхĕнче Польшăра Моссовет ячĕпе тăракан театр пулчĕ. Çĕршыври тĕрлĕ хуласенче вăл кăтартнă пьесăсене пĕр уйăхра 130 пин çынна яхăн курнă. Берлинри ансамбль артисчĕсем килсен те, Чехословакин çĕнĕ фильмне кăтартнă чухне те, Венгри артисчĕсен концерчĕсенче те Варшавăри залсенче куракансем туллиех пулаççĕ. Польша артисчĕсене Мускавпа Прагăра та, Берлинпа Пекинра та ăшшăн кĕтсе илеççĕ. Халĕ Китая çамрăксен ансамблĕ «Мазовше» тухса кайрĕ.

Польша ĕççыннисем ирĕкре пурăнакан халăхсен экономикипе тата культурипе питĕ интересленеççĕ. Çакна çĕршывра докладсемпе калаçусем, выставкăсемпе витринăсем нумай тунинчен те курма пулать. Пĕр-пĕринпе туслă пурăнас кăмăл-шухăшсене Польша ĕççыннийĕсем Совет Союзне, Китая, Корейăна, Чехословакине, Венгрие тата ытти демократиллĕ çĕршывсене çыракан ăшă çырусенче кăтартса параççĕ.

Ирĕкре пурăнакан халăхсен туслăхĕ çирĕпленнĕçемĕн çирĕпленсе пырать.

А. ЛУКОВЕЦ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом. печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-90, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—8-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00596 Типография № 1 Министерства Культуры Чувашской АССР г. Чебоксары, Володарского, 5. Тираж 20.000 экз.